ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛĔШĔР!

КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул Сентябрь 16 юнкун № 182 (8091) 36-мĕш çул тухать. Хакĕ 20 пус.

*КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ мĕнпур колхозниксене, МТС-семпе совхозсен работникĕсене ССР Союзĕн ялхуçалăхне малалла аталантарас задачăна пурнăçа кĕртмешкĕн пĕтĕм вăйпа ĕçлеме тата хăйсен творчествăлла пуçарулăхне сарса яма чĕнет.*

*КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ çирĕп ĕненсе çапла калать: рабочи класс, колхоз хресченĕсем, пирĕн интеллигенци, мĕнпур совет çыннисем, Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе, çав задачăна чи кĕске срокра пурнăçа кĕртсе çитерĕç.*

# ССР СОЮЗĔН ЯЛХУÇАЛĂХНЕ МАЛАЛЛА АТАЛАНТАРМАЛЛИ МЕРĂСЕМ ÇИНЧЕН

## *КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ 1953 çулхи сентябрĕн 7-мĕшĕнче Н. С. Хрущев юлташ доклачĕ тăрăх йышăннă постановлени*

### I.

Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе ССР Союзĕнче социализмла ялхуçалăхĕ туса çирĕплетнĕ, унăн хăватлă индустриллĕ-техникăлла никĕс пур, вăл тĕнчери чи шултра тата чи лайăх механизациленĕ ялхуçалăхĕ пулса тăрать. Вăл хресченсен вак таварлă хуçалăхĕнчен, çавнашкалах капитализмла шултра ялхуçалăх производствинчен те татăкланах малта тăнипе уççăн кăтартса парĕ.

Колхозсон кучухнехи техникăпа хĕçпăшалланнă обществăлла хуçалăхĕ пĕрмаях аталанса, колхоз стройĕ çирĕпленсе пырать. Колхозсемпе совхозсем ялхуçалăхĕнчен продуктсем ытларах илсе тăракан пулчĕç, ялхуçалăхĕн таварлăхне ÿстерчĕç. Вăрçă хыççăнхи çулсенче тырпул туса илесси вăрçăчченхи шая çитсе, унтан чылай иртсе кайнă, пирĕн çĕршывăн тырпул çителĕклĕ. Государство çĕр мамăкĕ, сахăр кăшманĕ, аш-какай, сĕт, çăм тата ытти продуктсем халĕ ытларах хатĕрлет. Государство хатĕрленисĕр пуçне, пирĕн ялхуçалăхĕ коопераци суту-илĕвĕпе колхозла суту-илÿ урлă апат-çимĕç продукчĕсем нумай сутать. Колхозсен экономики пур енĕпе те малалла аталаннă май колхозсен обществăлла пуянлăхĕ нумайланса, колхозниксен укçан тата натурăпа илекен тупăшĕсем ÿссе пыраççĕ.

Мирлĕ строительство çулĕсенче те, вăрçă чухнехи йывăр вăхăтра та социализмла ялхуçалăхĕ хăйĕн пурнăçри хăватлă вăйне, халăха апат-çимĕç, çăмăл промышленноçпа апат-çимĕç промышленноçне—чĕртавар нумайрах та нумайрах парса тăма пултарнине кăтартса парĕ.

Анчах туса илнĕ ялхуçалăх продукчĕсен хисепĕ халăх апат-çимĕç продукчĕсем, çăмăл промышленноçпа апат-çимĕç промышленноçĕ чĕртавар ытларах та ытларах ыйтнине пĕтĕмĕшпех тивĕçтерсе пыраймасть, вăл ялхуçалăхĕн техникăлла вăй-хăвачĕпе тата колхоз стройĕн пĕтĕм пултарулăхĕпе килĕшсе тăмасть.

Халĕ пирĕн çĕршывра чи лайăх техникăпа хĕçпăшалланнă хăватлă индустри туса хунă, колхозсем чылай çирĕпленчĕç, çак никĕс çинче ĕнтĕ ялхуçалăхĕн пур отраслĕсене те хăвăрт вăйлатма тата икĕ-виçĕ çул хушшинче пирĕн çĕршыври пĕтĕм халăха апат-çимĕç продукчĕсем уйрăмах нумай парса тăма, çакăнпа пĕрлех колхоз хресченĕсен пĕтĕм массин материальнăй пурнăçне ытларах лайăхлатма пур условисем те пур.

Кунпа пĕрлех, КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ çакна палăртать: социализмла ялхуçалăхĕнчи калама çук пысăк майсемпе халлĕхе начар усă кураççĕ-ха. Нумай колхозсемпе районсенче тĕштырăпа кĕрпе тумалли культурăсен, йĕтĕнĕн, сахăр кăшманĕн, çу культурисемпе ытти культурăсен тухăçĕ çаплах пĕчĕккĕ-ха. Ялхуçалăхĕнчен илекен продуктсен ÿсĕмĕ, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçĕн аталанăвĕ, çĕрулми, пахча çимĕç, йĕтĕн-долгунец, выльăх-чĕрлĕх валли тĕштырă тата выльăх апачĕ тума каякан ытти культурăсен хисепĕ халăх хуçалăхĕн ыйтăвĕсемпе килĕшсе тăмаççĕ. Ялхуçалăхĕн çак отраслĕсемпе ытти паха отраслĕсем юлса пыни халăхăн чи кирлĕ ыйтăвĕсене тивĕçтерекен çăмăл промышленноçпа апат-çимĕç промышленноçне малалла аталантарма чарса тăрать, колхозсемпе колхозниксен тупăшĕсене ÿстерес ĕçре пысăк чăрмав пулса тăрать.

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç уйрăмах начар пулса пырать. Нумай колхозсенче хуçалăхăн çак паха отраслĕ тавар нумай паракан, пысăк тупăшлă отрасль пулса тăман-ха, выльăх-чĕрлĕхе начар пăхса усраççĕ. Юлашки çулсенче выльăх-чĕрлĕх йышĕ ытла та ерипен ÿсет, ĕнесен шучĕ вара çĕршывра ку таранччен те вăрçăчченхи шая çитмен. Выльăх-чĕрлĕхрен продуктсем сахал илеççĕ, выльăх-чĕрлĕх вилсе нумай пĕтет, ама-выльăх нумай хĕсĕр юлать. Колхозсенче выльăх апачĕ сахал хатĕрлеççĕ, лайăх утă, силос, тымарçимĕç тата çĕрулми сахал туса илеççĕ. Выльăх-чĕрлĕх валли витесем çителĕклĕ мар, фермăсенче вăй нумай кирлĕ ĕçсене начар механизациленĕ.

Çĕрулмипе пахча çимĕçсем туса илес ĕç юлса пыни ялхуçалăх аталанăвĕнче пысăк çитменлĕх пулса тăрать, вăл хуласемпе промышленность центрĕсенче пурăнакан халăха çак продуктсене парса тăрас ĕçе лайăхлатма чăрмантарать, çĕрулми туса илесси юлса пыни выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе малалла вăйлатма та чарса тăрать.

Совхозсен ĕçĕнче чылай çитменлĕхсем пур, вĕсем кăтартуллă тата пысăк тупăш паракан социализмла хуçалăхсем пулса тăрайман-ха. Нумай совхозсенче ялхуçалăх культурисен тухăçлăхĕ пысăк мар тата выльăх-чĕрлĕхрен продуктсем сахал илеççĕ, хуçалăха тирпейсĕр тытаççĕ, усăсăр тăкаксем нумай тăваççĕ, укçа-тенкĕпе материалсене ытлашши расходлаççĕ, продукцин хăйне ларакан хакĕ пысăк. Нумай совхозсенче производство сурт-йĕрĕсем çителĕклĕ мар, выльăх-чĕрлĕхе час-часах начар витесенче усраççĕ. Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе тата совхоз производствин ытти отраслĕсене механизацилесси хытă юлса пырать, пурăнмалли çурт-йĕрсем начар тата çителĕксĕр тăваççĕ.

Пĕтĕм ялхуçалăх производстви çителĕклĕ шайра тăманни тата ялхуçалăхĕн паха отраслĕсем чылайăшĕ юлса пыма тытăнни мĕнле сăлтавсенчен килет-ха?

Халăх хуçалăхĕн пур отраслĕсене те ăнăçлăн аталантарма кирлĕ услови пулса тăракан йывăр индустрие пур майсемпе те вăйлатас çула Коммунистсен партийĕ çирĕп тытса пычĕ, çак çулпа пырса вăл пысăк çитĕнÿсем турĕ. Пуринчен ытла, халăх хуçалăхĕн çак чи кирлĕ задачине татса пама тăрăшнă, тĕп вăйсемпе укçа-тенкĕ çакăнта кайнă. Çĕршыва индустриализацилес ĕçре пирĕн чи лайăх кадрсем ĕçленĕ. Пирĕн йывăр индустрие те, ялхуçалăхне те, çăмăл промышленноçа та пĕр вăхăтрах пысăк хăвăртлăхсемпе аталантарма май пулман. Çакна тума малтанлăха кирлĕ условисем хатĕрлемелле пулнă. Халĕ çав условисене туса хатĕрленĕ. Пирĕн хăватлă индустри никĕсĕ, ÿссе çирĕпленнĕ колхозсем, хуçалăх строительствин пур отраслĕсенче те вĕрентсе ÿстернĕ кадрсем пур ĕнтĕ.

Анчах ялхуçалăхĕн паха отраслĕсем чылайăшĕ юлса пынин ытти сăлтавĕсем те пур, вăл сăлтавсем пирĕн ĕçри çитменлĕхсенчен, ялхуçалăхне ертсе пырас ĕçри çитменлĕхсенчен, урăхла каласан, пирĕнтен хамăртан килеççĕ.

Çак сăлтавсенчен пĕри вăл—чи малтан ялхуçалăхĕнче производствăна аталантарма, унăн тупăшлăхне ÿстерме работниксене пурлăх тĕлĕшпе хавхалантарас принципа — социализмла хуçалăха тытса пырас ĕçри тĕп принципсенчен пĕрне пăсни пулать. Практика кăтартса панă тăрăх, пурлăх тĕлĕшпе хавхалантарас çак принципа, çĕр мамăкĕ, сахăр кăшманĕ, чей, цитрус çимĕçĕсем туса илес ĕçре ăнăçлăн усă куракан принципа, ялхуçалăхĕн ытти паха отраслĕсенче чылайăшĕнче ĕçе кĕртмеççĕ.

Партипе правительство çирĕплетнĕ йĕрке тăрăх, колхозсем обязательнăй йĕркепе уй-хир тата выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем государствăна мĕн чухлĕ памаллине вĕсем акса хăварнă е колхозсене çирĕплетсе панă кашни гектар çĕр лаптăкĕнчен шутласа палăртаççĕ, çак принцип колхозсене обществăлла хуçалăхăн пур отраслĕсене те аталантарма хавхалантаракан тĕрĕс принцип пулни уççăнах курăнчĕ. Анчах хатĕрлев ĕçĕнче çак принципа пăснисем пулаççĕ, малта пыракан, лайăх ĕçлекен колхозсене, ялхуçалăх культурисенчен пысăк тухăçлăх илекен тата выльăх-чĕрлĕхрен продуктсем нумай илекен колхозсене, государствăна обязательнăй йĕркепе продуктсем памалли заданисем кая юлса пыракан, начар ĕçлекен колхозсенчен ялан пысăкрах параççĕ.

Çакăн пек тĕрĕс мар практика ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне ÿстерессишĕн, выльăх-чĕрлĕхрен продуктсем ытларах илессишĕн кĕрешме çĕклемест тата малта пыракан колхозсене хавхалантармасть. Çакăн пек йĕрке малта пыракан колхозсене, тÿрĕ кăмăлпа ĕçлекен колхозниксене, ялхуçалăх продукчĕсем ытларах туса илекенсене хавхалантармасть, обществăлла хуçалăха çирĕплетес, ялхуçалăх культурисен тухăçлăхне ÿстерес, выльăх-чĕрлĕхрен продуктсем ытларах илес тесе начар тăрăшакан колхозсемпе тата колхозниксемпе танлаштарсан, çав малта пыракан колхозсемпе колхозниксене начартарах вырăна лартать.

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç, çавнашкалах çĕрулмипе пахча çимĕçĕсем туса илес ĕç юлса пыни ялхуçалăхĕн çак паха отраслĕсене аталантарма государство çителĕклĕ хавхалантарса пыманнинчен чылай килнĕ. Выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем, çĕрулми, пахча çимĕçĕсем хатĕрлемелли тата сутăн илмелли халиччен пулнă хаксем колхозсемпе колхозниксене ялхуçалăхĕн çак отраслĕсене аталантарма пурлăх тĕлĕшпе сахал хавхалантарнă.

Колхоз хуçалăхĕн артель формин чи паха принципне — харпăр хăй интересĕсене артельте обществăлла хуçалăха пăхăнтарса, харпăр хăй интересĕсемпе е обществăлла интерессене тĕрĕс килĕштерсе пырас принципа нумай колхозсенче пăснă.

Устав тăрăх ялхуçалăх артелĕнче обществăлла хуçалăх татса паракан тĕп вырăнта тăрать. Çавăнпа пĕрлех, кашни колхозник килне унăн кулленхи ыйтăвĕсене тивĕçтерме пысăк мар хушма хуçалăх тытма право параççĕ, халлĕхе çав ыйтусене пĕтĕмпех обществăлла хуçалăх шучĕпе тивĕçтерме май çук-ха. Çак принципа пăсни, кил вырăнĕнчи хуçалăхран продуктсем памалли нормăсене пысăклатни, колхозниксен харпăр хăй хуçалăхĕ тĕлĕшпе пирĕн налог политикинче халиччен пулнă çитменлĕхсем колхозниксем хăйсен харпăрлăхĕнче тытакан ĕнесен, сыснасен тата сурăхсен шучĕ чакасси патне илсе пынă. Ун пек йĕрке колхозниксен интересĕсене хĕсет çеç те мар, вăл артель формине хăйне те, пĕтĕм социализм тапхăрĕнчи коллективла хуçалăхăн пĕртен-пĕр тĕрĕс формине пăсасси патне илсе пырать.

Ялхуçалăхĕн пурнăçра кирлĕ паха отраслĕсем чылайăшĕ нумай кая юлнин тĕп сăлтавĕсенчен пĕри вăл социализмла государство ялхуçалăхне панă хăватлă техникăпа пачах çителĕксĕр усă курни пулать. Чылай МТС-сенче сменăра тракторсемпе, комбайнсемпе сахал ĕçлеççĕ-ха, машинăсем ĕçсĕр нумай лараççĕ, ялхуçалăхĕнче вăхăтра тумалли, чи кирлĕ ĕçсене вăраха тăсаççĕ, çавна пула тырпул чылай çухалать. Тĕштырă культурисем, сахăр кăшманĕ тата çĕр мамăкĕ туса илес ĕçе лайăх механизациленĕ вăхăтрах, халăх хуçалăхĕшĕн кирлĕ çак отраслĕсене—выльăх-чĕрлех ĕрчетес ĕçе, çĕрулми, пахча çимĕçсем, йĕтĕн тата ытти культурăсем туса илес ĕçе механизацилессине кая тăратса хăварнă.

Ялхуçалăх культурисем акса тăвас ĕçе çĕршывăн тĕрлĕ вырăнĕсенчи çутçанталăкпа хуçалăх условийĕсене шута илсе комплексла механизацилеме май паракан машинăсен системине ку таранччен те туса хатĕрлемен. Тĕштырă хуçалăхĕнче те, сухалас, акас, тырпула пухса кĕртес ĕçе чи нумай механизациленĕ пулин те, пухса кĕнĕ тырпула итем çинче çапса тирпейлес, арпа-улăма пухас, органикăлла минераллă удобренисем парас тĕлĕшпе вăй нумай кирлĕ ĕçсене çителĕклĕ механизацилемен. Выльăх апачĕ хатĕрлес тĕлĕшпе утă çулас ĕçе чылай механизациленĕ пулин те, утта капана хывас тĕлĕшпе питĕ кирлĕ ĕçсене механизацилеменпе пĕрех. Çĕнĕ йышши ялхуçалăх машинисем конструкцилесе туса кăларма тытăнас тĕлĕшпе, массăллăн туса кăларакан машинăсен конструкцине лайăхлатас, вĕсен пахалăхне ÿстерес тĕлĕшпе нумай кая юлнă.

МТС-сенчи кăткăс техникăпа ĕçлеме техникăна лайăх пĕлекен кадрсем кирлĕ, анчах çак техникăна халĕ сезонпа ĕçлекенсен, колхозсем уй-хирте ĕçлеме вăхăтлăха кăна уйăракан работниксен аллине шанса панă. МТС-сенчи ертсе пыракан кадрсен нумайăшĕн инженерла-техникла вĕренĕвĕ çителĕклĕ мар, вĕсем агрономи енĕпе те хатĕрленсе çитмен, механизациленĕ шултра ялхуçалăх производствине вĕсем çителĕклĕ пĕлсе ертсе пыраймаççĕ.

Ялхуçалăхĕн чылай отраслĕсем нумай кая юлнин пысăк сăлтавĕсенчен пĕри вăл колхозсене, МТС-сене, совхозсене парти, совет, ялхуçалăх органĕсем енчен çителĕксĕр ертсе пыни, чи малтан, ялхуçалăхĕнче кадрсене суйласа илсе вырнаçтарса тухас тата ялта партилле-политикăлла ĕçе туса пырас тĕлĕшпе çителĕксĕр ертсе пыни пулать.

Кучухнехи техникăпа хĕçпăшалланнă социализмла шултра ялхуçалăх производстви куллен пĕлсе ертсе пырсан кăна ăнăçлă аталанма пултарать. Пĕрлештерсе пысăклатнă хыççăн колхозсем нумай отраслĕллĕ, кăткăс хуçалăхсем пулса тăчĕç. Халĕ ĕнтĕ кучухнехи техникăпа, совет агрономи наукин çитĕнĕвĕсемпе тата ялхуçалăхĕнче малта пыракансен, новаторсен пуян опычĕпе анлăн усă курма кирлĕ пур условисене те туса хунă.

Çаксем пурте кашни колхоза, совхоза, машина-трактор станцине, района, ялхуçалăхĕн кашни отраслĕне тата пĕтĕм ялхуçалăх производствине пĕлсе ертсе пыма хушаççĕ. Çавăнпа та колхозсене, МТС-сене, совхозсене, районсене ертсе пыма халĕ квалификациллĕ кадрсем, агрономсем, инженер-механизаторсем, зоотехниксем, экономистсем тата ялхуçалăхĕн ытти специалисчĕсем çав тери кирлĕ. Социализмла шултра ялхуçалăх производстви çак чи кирлĕ условисĕр малалла кайма пултараймасть.

Çапла пулин те ялхуçалăх органĕсен системинче ĕçлекен, аслă тата вăтам шкулсенчен вĕренсе тухнă 350 пин специалистран колхозсенче 18,5 пин тата МТС-сенче 50 пин специалист ĕçлеççĕ. Колхоз председателĕ пулса ĕçлекен 94 пин çынтан аслă шкултан вĕренсе тухнисем 2,1 пин çын çеç, специальнăй вăтам шкултан вĕренсе тухнисем 14,2 пин çын кăна. МТС директорĕсен, МТС-сенчи главнăй инженерсен, главнăй агрономсен нумайрах пайĕ аслă шкултан вĕренсе тухман. Агрономсен, инженерсен, зоотехниксен, ветеринари работникĕсен тата ытти специалистсен пысăкрах пайĕ тĕрлĕ учрежденисенче ĕçлеме юлать, МТС-сем, колхозсем, совхозсем вара квалификациллĕ ялхуçалăх кадрĕсем çитменнипе питех те аптăраççĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ çапла шутлать: чылай министерствăсем, уйрăмах СССР Вăрманпа хут промышленность министерстви, СССР Строительство материалĕсен промышленность министерстви, Центросоюз, вырăнти тата коопераци промышленноçĕ колхозсене, МТС-сене, совхозсене йывăç материалĕсем, кирпĕч, известь тата çурт-йĕр çине витмеллисем парас тĕлĕшпе ялхуçалăхне ытла та çителĕксĕр пулăшаççĕ, çакă ĕнтĕ колхозсемпе совхозсенче выльăх-чĕрлĕх витисем тата производствăра кирлĕ ытти çурт-йĕрсем тума тата МТС-сенчи строительствăна та чарса тăрать.

Юлашкинчен, колхозсенчен, колхоз председателĕсемпе правленийĕсенчен, колхозниксенчен хăйсенчен килекен сăлтавсем çинчен те калас пулать. Нумай артельсенче ĕç дисциплини çаплах начар-ха, колхоз производствинче колхозниксем пурте мар пĕтĕм вăйпа хурса ĕçлеççĕ. Колхозниксен ĕçне пур çĕрте те мар лайăх организациленĕ. Обществăлла пурлăхшăн тăрăшманни, ăна тирпейсĕр салатни çинчен калакан фактсем те сахал мар-ха.

Ялхуçалăхĕн паха отраслĕсенче чылайăшĕнче ĕçсем начар пыраççĕ тесе йышăнса, Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ çапла тума кирлĕ тесе шутлать: юлса пыракан ялхуçалăх отраслĕсене, колхозсене, совхозсене тата районсене малта пыракансен шайне çитерме халех васкавлă та пысăк ĕçсем туса иртермелле, çапла туса социализмла пĕтĕм ялхуçалăхне хăватлăн çĕклемелле. Задача çакăнта пулать: çитес 2—3 çул хушшинче хамăр çĕршыври халăхăн ÿссе пыракан ыйтăвĕсене апат-çимĕç продукчĕсем çителĕклех парса тивĕçтермелле тăвас пулать, çăмăл промышленноçпа апат-çимĕç промышленноçне чĕртавар çителĕклĕ парса тăмалла.

### II.

## Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе малалла аталантарасси çинчен. Колхозниксен, рабочисен тата служащисен хуçалăхĕсем обязательнăй йĕркепе выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем памалли нормăсене чакарасси çинчен

Вăрçă çулĕсенче выльăх-чĕрлĕх хисепĕ нумай чакрĕ. Колхозсемпе совхозсем кĕске срокрах çав чакнă выльăх-чĕрлĕх хисепĕ чухлĕ çĕнĕрен ĕрчетрĕç тата выльăх-чĕрлĕх хисепне малалла чылай ÿстерчĕç. 1945 çулхи июль уйăхĕнчен пуçласа 1953 çулхи июль уйăхне çитичченхи вăхăт хушшинче ССР Союзĕнче мăйракаллă шултра выльăхсен хисепĕ 11,3 миллион пуç, сурăхсемпе качакасен хисепĕ 53,9 миллион пуç, сыснасен хисепĕ—25,1 миллион пуç тата лашасен хисепĕ — 6,2 миллион пуç ÿснĕ.

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре тунă çитĕнÿсем государство выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлессине çакăн чухлĕ ÿстерме май пачĕç: 1952 çулта аш-какай 3 миллион тонна хатĕрленĕ, çакă вăл 1940 çулта хатĕрлениничен пĕр хут çурă ытларах пулать, сĕт—10 миллион тонна е 1940 çулхинчен 1,6 хута яхăн ытларах, çăм—182 пин тонна е 1940 çулхинчен 1,5 хут ытларах хатĕрленĕ.

Нумай совхозсемпе колхозсем выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне ÿстерчĕç. Кострома облаçĕнчи «Караваево», Омск облаçĕнчи «Омский», Мускав облаçĕнчи «Горки-II», «Лесные Поляны», «Холмогорка» совхозсенче, çавăн пекех тата ытти чылай совхозсенче те юлашки çулсенче кашни ĕнерен çулталăкра вăтам шутпа 5.500 килограмм ытла сĕт суса илеççĕ. 1952 çулта 200 ытла совхоз кашни ĕнерен вăтам шутпа 4.000-шер килограмм ытла сĕт суса илнĕ. Кострома облаçĕнчи Кострома районĕнчи «12-й Октябрь», Мускав облаçĕнчи Луховицки районти Сталин ячĕпе тăракан, Раманское районĕнчи Молотов ячĕпе тăракан, Архангельск облаçĕнчи Холмогор районĕнчи «Новая жизнь» колхозсем тата ыттисем те 1951—1952 çулсенче кашни ĕнерен вăтам шутпа 4.000 килограммран пуçласа 5.000 килограмм таран тата ытларах та сĕт суса илнĕ.

Ставрополь крайĕнчи малта пыракан «Советское Руно» тата «Большевик», Алтай крайĕнчи «Рубцовский», Грозный облаçĕнчи «Червленые Буруны» совхозсем, çавăн пекех тата Ставрополь крайĕнчи Степной районти «Страна Советов», Ипатовски районти «2-я пятилетка» колхозсем, Ростовпа Грозный облаçĕсенчи тата Алтай крайĕнчи чылай колхозсем сурăхсенчен вĕтĕ çăм нумай—сурăх пуçне 6,5—7-шер килограмм—касса илеççĕ.

Чернигов облаçĕнчи Чернигов районĕнчи «Всесвітній Жовтень», «Новий шлях» колхозсенче Полтава тата Мускав облаçĕсенчи чылай колхозсенче кашни 100 гектар çĕр пуçне чĕрĕ виçепе 2—4-шар тонна сысна ашĕ туса илеççĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ кунпа пĕрлех обществăлла выльăх йышне ÿстерес тĕлĕшпе тунă çитĕнÿ тата унăн тухăçлăхĕн шайĕ пачах çителĕксĕр, тесе шутлать. Çĕршывра ĕнесен хисепĕ вăрçăчченхинчен 3,5 миллион пуç сахалтарах, 1928 çулхипе танлаштарсан 8,9 миллион пуç чакнă. 1952 çулта кăна çĕршывра пĕтĕмĕшпе илсен мăйракаллă шултра выльăхсен хисепĕ 2,2 миллион пуç, ĕнесен хисепĕ 550 пин пуç чакнă. Кунта тата çакна асра тытни кирлĕ: çĕршывра лашасен хисепĕ революцичченхи вăхăтрипе танлаштарсан 60 процент, вăрçăчченхи 1940 çулхипе танлаштарсан 27 процент чакнă. Хуçалăха тĕрĕс тытса пынă пулсан, лашасен хисепĕ чакни продуктивлă выльăх шутне чылай ÿстерме май панă. Анчах ун пек пулмарĕ. Выльăхсен хисепне ÿстерме государство паракан плансем çултан-çул тулса пымаççĕ. Выльăхсене начар пăхнă пирки выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕ çав-çавах ытла та пĕчĕккĕ-ха. Çитменнине тата юлашки вăхăтра колхозсенче сĕт суса илесси, çăм касса илесси тата выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçĕн ытти показателĕсем те чакса пыраççĕ. Выльăхсем вилнĕ пирки колхозсем кашни çул пысăк çухатусем тÿсеççĕ тата ама выльăхсем хĕсĕр юлнă пирки çамрăк выльăхсем сахалтарах хушăнса пыраççĕ. Колхозсен, вырăнти совет тата ялхуçалăх органĕсен руководителĕсенчен нумайăшĕ фермăсенче çамрăк выльăхсем çитĕнтерниле обществăлла выльăх-чĕрлĕх хисепне ÿстерес ĕçе организацилес вырăнне, çаплах колхозниксенчен выльăхсем массăллăн сутăн илеççĕ.

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес енĕпе юлашки çулсенче уйрăмах Казах ССР-ĕнчи, Киргиз ССР-ĕнчи, Калинин, Калуга, Кострома, Новгород, Вологда, Смоленск, Киров, Новосибирск тата Воронеж облаçĕсенчи колхозсемпе совхозсенче пысăк çитменлĕхсем пулнă.

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç вăрçă умĕнхи çулсенче те çителĕксĕр аталаннă пулнă, вăл халăха аш-какай тата сĕт продукчĕсем, çăмăл промышленноçа—чи кирлĕ чĕртаварсем çителĕклĕ тăран парса тăрайман. Хальхи вăхăтра, халăх хуçалăхĕ çĕнĕ, тата çÿлерех пусăма çĕкленнĕ вăхăтра, халăха выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем ниçсанхинчен те ытларах кирлĕ чухне, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç нумай вăхăтчен юлса пыни ĕççыннисен материальнăй пурнăçне малалла лайăхлатас, çăмăл тата апат-çимĕç промышленноçне аталантарас ĕçре питех те пысăк чăрмав пулса тăчĕ.

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе аталантарасси çакăн пек япăх пыни чи малтан выльăх апачĕ туса илес ĕçпе хатĕрлес ĕç юлса пынинчен килет. Нумай колхозсенче курăк акса тăвасси начар аталаннă, улăх-çарансемпе акса тăвакан курăксен тухăçлăхĕ ытла та пĕчĕккĕ, тымарçимĕç, выльăх апачĕ валли акакан бахча культурисем, çавăн пекех силос валли акса тăвакан кукурузăпа хĕвелçаврăнăш туса илесси япăхса кайнă. Выльăхсене çитерме çĕрулми ытла та сахал лартса тăваççĕ. Выльăх апачĕ валли акса тăвакан культурăсен тухăçлăхĕ пĕчĕккĕ пулнă пирки, çавăн пекех утă пухса кĕртес, уйрăмах утăсене капана хывас, улăм пуçтарас тата улăмури тăвас ĕçсене начар механизациленĕ пирки утă-улăм хатĕрлемелли плансем çултан-çул тулмасăр юлаççĕ. Фермăсенче ĕç тухăçлăхне ÿстерессине кансĕрлесе тăракан пысăк чăрмав вăл выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри, чи малтан, выльăхсене шăварас, апат хатĕрлес тĕлĕшри йывăр ĕçсене çав-çавах çителĕксĕр механизациленин пулать. Выльăх-чĕрлĕх фермисенче халичченхи пекех алă вĕççĕн ытларах ĕçлеççĕ, çавăнпа та ĕç тухăçлăхĕ пысăк мар.

Çанталăк типĕ тăракан çĕçен хирлĕ районсенче выльăхсене шыв парса тăрас ĕç çителĕксĕр пулса пырать, çакă вăл выльăхсен хисепне ÿстерме тата унăн тухăçлăхне хăпартма чăрмантарать.

Нумай колхозсенче выльăх витисем тумалли плана тултармаççĕ, çавăн пирки те выльăхсене тăвăр тата начар витесенче хĕл каçарма тивет.

Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç юлса пынине кăтартакан пысăк сăлтавсенчен пĕри вăл ялхуçалăхĕн чи кирлĕ отраслĕне аталантарас тĕлĕшпе колхозсене тата колхозниксене пурлăх тĕлĕшĕпе çителĕксĕр интереслентерни пулса тăрать. Нумай колхозсем ку таранччен выльăх-чĕрлĕх продукцийĕн чылай пысăк пайне обязательнăй йĕркепе государствăна парса тăнă, анчах аш-какай, сĕт, çу, çăмарта хатĕрлемелли хальхи хаксем колхозсемпе колхозниксене обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе аталантарас тĕлĕшпе кирлĕ чухлĕ хавхалантарман.

СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерстви, СССР Совхозсен министерстви, вырăнти совет тата ялхуçалăх органĕсем чылай çулсем хушши выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçри çитменлĕхсемпе килĕшсе пурăннă, выльăх апачĕ туса илессине ÿстерес, мĕнпур выльăхсем валли витесем тăвас, фермăсенче выльăх апачĕ хатĕрлес тата ĕç вăйĕ нумай ыйтакан ĕçсене механизацилессине вăйлатас, выльăхсен хисепне ÿстерсе пырас, çамрăк выльăхсене сыхласа хăварас тĕлĕшпе кирлĕ мерăсем йышăнман. Наука çитĕнĕвĕсене тата выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре малта пыракансен опытне производствăна çителĕксĕр кĕртсе пыраççĕ, вĕсем лайăх колхозсемпе совхозсен тивлечĕ кăна пулса тăраççĕ-ха.

Колхозниксен харпăр хăй хуçалăхĕсенче выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçсем те çителĕксĕр-ха. Партин, совет тата ялхуçалăхĕн вырăнти нумай органĕсем çак ĕçсем çине тимлĕн пăхма пăрахнă, вĕсем кашни колхозник килĕ ялхуçалăх артелĕн Уставĕ кăтартса панă норма чухлĕ выльăх тытма пултартăр, тесе сахал тăрăшаççĕ. Колхозниксене хăйсен выльăхĕсем валли апат хатĕрлеме тата кĕтÿ çÿретмелли вырăнсем уйăрса пама пулăшмаççĕ.

Пленум çапла шутлать: выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе, чи малтан, обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе хăвăрт вăйлатасси çĕршыв пурнăçĕнче чи пысăк пĕлтерĕшлĕ ĕç пулса тăрать, халĕ вăл ялхуçалăхĕ енĕпе партипе правительствăн вăраха ямасăр татса памалли задачи пулса тăрать.

КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ çапла йышăнать:

1. СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствин, СССР Совхозсен министерствин, парти, совет, ялхуçалăх органĕсен чи кирлĕ задачи вăл—выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕç тÿсме çук юлса пынине пĕтересси, выльăх апачĕн çирĕп никĕсне тăвасси, выльăхсемпе кайăк-кĕшĕк валли суртсем çителĕклĕ тăвасси, выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне татăклăн ÿстересси, выльăхсен хисепне халичченхинчен пысăкрах хăвăртлăхсемпе ÿстерсе пырасси, унăн ăратлăхне лайăхлатасси тата çитес 2—3 çул хушшинче выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем туса кăларассине татăклăн ÿстересси пулать тесе шутлать.

(Малалли 2-мĕш страницăра).

# ССР СОЮЗĔН ЯЛХУҪАЛĂХНЕ МАЛАЛЛА АТАЛАНТАРМАЛЛИ МЕРĂСЕМ ҪИНЧЕН

## КПСС Центральнăй Комитечĕ Пленумĕ 1953 ҫулхи сентябрĕн 7-мĕшĕнче Н. С. Хрущев юлташ доклачĕ тăрăх йышăннă постановлени

(Малалли).

2. 1954 ҫулта пĕтĕм ялхуҫалăхĕнче выльăхсен хисепне ҫакăн чухлĕ ӳстерме кирлĕ тесе шутлас: ĕнесем—29,2 миллион пуҫ таран, мăйракаллă шултра выльăхсем пĕтĕмпе—65,9 миллион пуҫ таран, сурăхсемпе качакасем—144,4 миллион пуҫ таран, сыснасем—34,5 миллион пуҫ таран.

Сĕт продукцине ӳстерес тата харпăр хăй воспроизводстви шучĕпе мăйракаллă шултра выльăхсен хисепне ӳстермелле тăвас тĕллевпе, колхозсенче ĕнесен хисепне хăвăртрах ӳстересси вăраха ямасăр татса памалли задача пулать, тесе шутлас, ҫавна май ҫитес ҫывăх ҫулсенче фермăсенче мăйракаллă шултра выльăхсен удельнăй виҫине хула ҫывăхĕнчи районсенчи колхозсенче 60 процентран кая мар, ытти районсенчи колхозсенче 50 процентран кая мар, Казахстанри, Вăтам Азири, Кавказ леш енчи, Сурҫĕр Кавказри, Астраханĕ, Чкалов, Чита облаҫĕсенчи, Бурят-Монгол АССРĕнчи тата Тува автономиллĕ облаҫĕнчи ҫĕсенхирлĕ, сурма пушхирлĕ тата сăрт-туллă районсенчи колхозсенче 40 процентран кая мар ӳсмелле тăвас пулать. Ҫакăн пек тăвас: ĕнесен хисепне ӳстермелли плана тултарнă хыҫҫăн кăна мăйракаллă шултра выльăхсен хисепне ӳстермелли плана тултарнă тесе шутлас.

Кайăк-кĕшĕк ĕрчетес ĕҫе малалла аталантарас тĕллевпе 1954—1955 ҫулсенче колхозсенчи кайăк-кĕшĕк фермисенче пĕрчĕллĕ культурăсем акакан кашни 100 гектар пуҫне, зонăсенчи уйрăмлăхсене шута илсе, ҫăмартა тăвакан чăхсем 100—200 пусран кая мар пулмалла тесе шутлас. Ҫеҫенхирлĕ районсенчи колхозсенче кăрккасен хисепне пур майсемпе те ӳстерсе пымалла, улăх-ҫаран тата кӳлĕсем пур колхозсенче, чăхсемсĕр пуҫне хурсемпе кăвакалсем ĕрчетмелле. Колхозсен пĕвисенче пулă ĕрчетес ĕҫе пур майсемпе те аталантарса пымалла.

СССР Ялхуҫалăхĕпе хатĕрлев министерствине, СССР Совхозсен министерствине облаҫсем, крайсем тата республикăсем валли, республикăсен Министрĕсен Совечĕсене, крайисполкомсене, облисполкомсене тата райисполкомсене—районсемпе колхозсем валли туса паракан хăйсен планĕсенче выльăхсен хисепне ӳстерме тата вĕсен тухăҫлăхне хăпартма заданисем пама хушас. Заданисем палăртса панă чухне уйрăм районсен, колхозсен, совхозсен пĕр йышши выльăхсене ĕрчетме пулăшакан, анчах тепĕр йышши выльăхсене ĕрчетме пулăшман экономикăпа ҫутҫанталăк условийĕсене пур енчен те шута илмелле.

3. Государствăна выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем парас тĕлĕшпе партипе правительство гектар тăрăх памалла тунă принципа ҫирĕп тытса пымалла. Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе малта пыракан колхозсене задани ӳстерсе пырас сиенлĕ практика пулмалла мар. Ҫакăн пек тăвас: пĕр районта гектар-тăрăх памалли пĕр норма кăна пулмалла.

4. Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕҫе планламалли тата ку тĕлĕшпе заданисене тултарнине шута илмелли хальхи йĕркене—кашни ҫулăн январĕн 1-мĕшĕ тĕлне шута илмелли йĕркене, тĕрĕс мар тесе, пăрахăҫа кăларас. Ҫакăн пек йĕрке пулнă чухне колхозсен, плана тултарни ҫинчен отчет тăратас шутпа государствăна пама, сутма, аш-какай вырăнне усă курма палăртса хунă продуктивлă мар тата бракланă нумай выльăхсене ирĕксĕрех январĕн 1-мĕшĕччен хăварма тата тăрантарса усрама тивет. Ҫакăн пек тăвас: выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕҫе планлассине тата заданисене пурнăҫланине шута илессине кашни ҫулхи октябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне туса иттермелле. Ку вăхăт тĕлне выльăх апачĕ хатĕрлес, витесене юсаса хĕле хатĕрлес ĕҫсем вĕҫленеҫҫĕ, выльăхсем самăрлса ҫитеҫҫĕ тата государствăна аш-какай памалли плана самăртнă выльăх парса тултарма май пулса тăрать.

5. КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ парти тата совет органĕсене СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе колхозсемпе колхозниксене пурлăх енĕпе интереслентерес шутпа выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлемелли тата сутăн илмелли хаксене ӳстерни ҫинчен, 1953 ҫулăн иккĕмĕш ҫур ҫулĕнче аш-какай, сĕт тата ҫăмарта илмелли государство планĕпе условийĕсем ҫинчен йышăннă постановленийĕсем ҫинчен, ҫавăн пекех СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ колхозниксен, рабочисен, служащисен хуҫалăхĕсем государствăна обязательнăй йĕркепе выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем памалли нормăсене чакармалла туни ҫинчен колхозниксене, рабочисене тата служащисене анлăн ăнлантарса пама хушать.

СССР Ялхуҫалăхĕпе хатĕрлев министерствине, вырăнти парти, совет тата ялхуҫалăх органĕсене 1953 ҫул валли государствăна выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем пама тата сутăн илме ҫирĕплетсе панă плана пурпĕрех тултармалла тума мерăсем йышăнма хушас.

6. Колхозсене ҫакăн пек тума сĕнес: колхозниксен пĕрлехи пухăвĕсем йышăннă тăрăх, выльăх тата выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем сутнипе пухăнакан укҫа-тенкĕрен колхозниксене аванс шучĕпе 25 процента яхăн валеҫсе памалла. Колхозниксене ҫакăнта асăннă аванс укҫине кашни кварталта обществăлла хуҫалăхра иртнĕ кварталта тунă ĕҫкунĕсем тăрăх 15 процент таран, кунсăр пуҫне тата выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес, выльăх апачĕ хатĕрлес ĕҫре тунă ĕҫкунĕсем тăрăх 10 процент таран пара-пара тăмалла тата ҫакна шута илмелле: выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тата выльăх апачĕ хатĕрлес ĕҫре тунă ĕҫкунĕсемшĕн колхозника укҫан панă аванс хисепĕ укҫан тивекен тупăшсене татăклăн валеҫнĕ чухне чакмалла мар.

Самрăк выльăхсене пăхса ҫитĕнтермелли, ҫитĕннĕ выльăхсене упраса хăвармалли тата выльăх-чĕрлĕх тухăҫлăхне ӳстермелли заданисене иртерсе тултарнăшăн хушса тӳлемелли хальхи йĕркене ҫирĕппĕн пурнăҫласа пымалла, хушса тӳлессине вăхăтра туса пымалла.

7. Пленум ҫапла шутлать: обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕҫе пур майсемпе те вăйлатса пынипе пĕрлех, вырăнти парти, совет тата ялхуҫалăх органĕсен колхозниксем харпăр хăй килĕнче усракан выльăхсем тĕлĕшпе колхозниксен интересĕсене шута илмен сиенлĕ практикăна йăлтах пĕтермелле. Кунта ҫакна асра тытни кирлĕ: колхозниксен килĕнче продуктивлă выльăх-чĕрлăхсем палăртнă чухлĕ пулни хресченсен материальнăй пурнăҫне лайăхлатма тата ҫĕршывра выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем хатĕрлессине ӳстерме кирлĕ пăха услови пулса тăрать. Ҫапла вара ку колхозниксемшĕн те, государствăшăн та усăллă ĕҫ пулса тăрать. Колхозниксене хăйсем валли выльăх туянассине ҫăмăллатас шутпа, 1953 ҫулхи июнĕн 15-мĕшĕ тĕлне палăртнă учет тăрăх, хăйсен харпăрлăхĕнче выльăх тытман колхозниксен хуҫалăхĕсене 1953 ҫулăн иккĕмĕш ҫур ҫулĕнче аш-какай парассинчен хăтарас тата 1954 ҫулта аш-какай парас ĕҫе хутшăнтарас мар.

Колхозниксен, рабочисен тата служащисен государствăна обязательнăй йĕркепе выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем парас тĕлĕшпе иртнĕ ҫулсенче 1953 ҫулхи январĕн 1-мĕшĕ тĕлне пулса тăнă парăмĕсене пĕтĕмпех касармалла тăвас. Колхозниксене, рабочисене тата служащисене ҫакăн ҫинчен ăнлантарса парас: государство вĕсене хăйсем усракан выльăхсене упраса хăварма пулăшас тесе, ҫавăн пекех тата выльăх усракан хуҫалăхсене выльăх туянма пулăшас тесе ҫакăн пек тăвать.

8. Парти, совет, ялхуҫалăх органĕсен, ялхуҫалăхĕнчи пĕтĕм работникĕсен кашни колхозра тата совхозра выльăх апачĕн ҫирĕп никĕсне туса хума тивĕҫлипе тытăнмасăр выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕҫе малалла яма ҫук. Нумай районсенче колхозсенче выльăх апачĕн никĕсне япăхтарнине тевех тӳссе тăма ҫук.

СССР Ялхуҫалăхĕпе хатĕрлев министерствине, СССР Совхозсен министерствине, вырăнти совет тата ялхуҫалăх органĕсене, МТС-семпе совхозсен руководителĕсене выльăх апачĕн никĕсĕ япăхса кайнине чи кĕске вăхăтра пĕтерме тата обществăлла выльăх-чĕрлĕх валли лайăх утă, улăм, тымарҫимĕҫ, силос, ҫимĕҫ апат, тырă тата ытти концентратсем ҫителĕклĕ хатĕрлеме хушас.

Нумай ҫул ӳсекен тата пĕр ҫул ӳсекен курăксем, силос хывма кукуруза тата хĕвелҫаврăнăш, тымарҫимĕҫ, выльăх апачĕ валли каякан бахча культурисем акса илмелли ҫĕр лаптăкне пысăклатмалла тата вĕсен тухăҫлăхне татăклăн ӳстермелле. Ҫакна тума выльăх апачĕ валли каякан культурăсем туса илмелли агротехникăна лайăхлатас тĕлĕшпе татăклă мерăсем йышăнмалла. Силос валли кукуруза акса тăвас ĕҫе центрти хура тăпраллă тата хура тăпраллă мар облаҫсене, Белоруссипе Балти тинĕсĕ тăрăхĕнчи республикăсене, Уралти, Ҫĕпĕрти, Инҫет Хĕвелтухăҫĕнчи кăнтăр районĕсене, Казахстанри ҫурҫĕр районĕсене куҫарса пымалла. Ҫапла тума кирлĕ тесе шутлас: кашни колхозăн тата совхозăн ĕне пуҫне 5—6 тоннăран кая мар силос хывса хăвармалла. Кашни колхозра тата совхозра силос апачĕсем хывма палăртса панă плана тултарма кирлĕ чухлĕ силос сооруженийĕсем туса лартмалла. Ҫĕрулми выльăх-чĕрлĕх валли лайăх апат пулнине шута илсе, выльăх апачĕ валли ҫĕрулми лартса туса илессине чылай ӳстермелле, ҫак ĕҫе, чи малтан, хура тăпраллă мар тăрăхри, Уралти; Центрти хура тăпраллă облаҫсенчи тата Хĕвеланăҫ Ҫĕпĕрти районсенче вăйлатмалла.

Колхозсемпе совхозсенче выльăхсене ҫуллахи вăхăтра кĕтӳре ҫӳретмесĕр лагерьсенче усрас ĕҫе анлăн пурнăҫласа пымалла, выльăхсене кĕтӳ ҫӳретмелли вырăнта участоксем тăрăх ҫитермелли системăпа усă курмалла.

Выльăхсене ветеринари енĕпе пăхса тăрас ĕҫе лайăхлатма мерăсем йышăнмалла. СССР Ялхуҫалăхĕпе хатĕрлев министерствине выльăхсене инҫете илсе кайса ҫитермелли вырăнсемпе усă курасси ҫинчен тăракан ыйтăва тĕпчесе вĕренме хушас, вĕсемпе тĕрĕсрех тата вырăнлăрах усă курасси ҫинчен СССР Министрĕсен Совечне 1954 ҫулхи январĕн 1-мĕшĕ тĕлне сĕнӳсем тăратма хушас.

Колхозсене чабансемпе кĕтӳҫсем валли пурнăҫпа йăла условийĕсем туса пама, вĕсене ĕҫре кирлĕ пулакан тумтир тата атă-пушмак ҫителĕклĕ уйăрса пама сĕнес.

9. Утă пухса кĕртнĕ тата улăм пуҫтарнă вăхăтра колхозниксене тата трактор бригадисенче ĕҫлекенсене утă пухса кĕртнĕ тата улăм пуҫтарнă ҫĕрте тунă ĕҫкунĕсем тăрăх, хатĕрленĕ, приходланă тата колхоз правленийĕ йышăннă пĕтĕм утăпа улăмран 10 процент таран, иккĕмĕш хут ҫулса илнĕ утăран—20 процент таран валеҫсе памалла; государствăна утă памалли плана тултарнă колхозсенче, планран ирттерсе хатĕрленĕ утăран 30 процентне ĕҫкунĕсем тăрăх валеҫсе памалла. Кунсăр пуҫне, выльăх апачĕ хатĕрленĕ тапхăрта мĕнпур колхозниксене, ҫĕнĕ ҫул пуҫланнăранпа тунă ĕҫкунĕсем тăрăх, хатĕрлесе хунă пĕтĕм утăран 5 процент таран утă, хатĕрлесе тата улăмурисене хунă улăмран 10 процент таран улăм аванс йĕркипе валеҫсе памалла. Колхозсене ҫапла тума сĕнес: колхозниксен выльăхĕсене ҫӳретме кĕтӳ вырăнĕсем уйăрса памалла, хатĕрленĕ выльăх апатне турттарма колхозниксене транспорт парса пулăшмалла.

10. Колхозсенче выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕҫрен нумай МТС-сем пăрăнса тăнине пĕтермелле. Колхозсенче утă ҫулас, пуҫтарас тата купана хывас ĕҫсене 1954 ҫулта 65 процент таран, тата утă капанĕсем тăвас ĕҫе 50 процент таран, 1955 ҫулта вара утă ҫулас, пуҫтарас, купана хывас ĕҫсене—80 процент таран тата капана хывас ĕҫе—65 процент таран механизациленсе ҫитермелле, силос хывас ĕҫсене асăннă ҫулсенче 65 процент тата 75 процент, силос культурисемпе тымарҫимĕҫ акас ĕҫсене—75 процент тата 95 процент, комбайнпа пухса кĕртнĕ вырăнсенчи улăма пуҫтарас тата купана хывас ĕҫсене 1954 ҫулта 50 процент таран тата 1955 ҫулта—70 процент таран механизацилесе ҫитермелле.

Ялхуҫалăхĕ валли тĕрлĕ системăллă косилкăсем, кĕреплесем, волокушăсем, капан хывакан, купа тăвакан машинăсем, силос культурисем пухакан комбайнсем, кукуруза пухса кĕртмелли машинăсем, экскаваторсем, канал чавакан, кротодренажнăй машинăсем, бульдозерсем, грейдерсем, йывăҫ тĕмĕсене касакан, шурлăхсене типĕтекен машинăсем, скреперсем, шыв хăпартмалли ĕҫсене механизацилемелли насуссем, шыв парса тăракан йывăҫ тата тимĕр баксем, чугунран, асбоцементран, тимĕр-бетонран тунă трубасемпе газ трубисем, автопоилкăсем, карса тунă ҫулсем, тĕрлĕ системăллă электродвигательсем туса кăларассине тата парса тăрассине вăйлатмалла.

Машиностроени министерствине выльăх апачĕ хатĕрлеме, шурлăхсене типĕтме тата улăх-ҫарансене, кĕтӳ ҫӳретмелли вырăнсене тĕпрен лайăхлатма, кĕтӳ ҫӳретмелли вырăнсене шыв парса тăрас ĕҫсене комплекслă майпа механизацилеме, ҫавăн пекех тата выльăх-чĕрлĕх фермисенче ĕҫ вăйĕ нумай ыйтакан ĕҫсене механизацилеме кирлĕ ҫĕнĕ машинăсемпе хатĕрсем конструкцилес ĕҫе вăйлатма хушас.

11. 1954 ҫулта колхозсенче выльăх витисем ҫакăн чухлĕ тумалла: выльăх витисемпе пăру витисем—4,2 миллион пуҫ вырнаҫмалăх, сурăх витисем—16,3 миллион пуҫ вырнаҫмалăх, сысна витисем—2,5 миллион пуҫ вырнаҫмалăх, кайăк-кĕшĕк витисем—27 миллион пуҫ вырнаҫмалăх, чăх-чĕп витисем—30 миллион пуҫ вырнаҫмалăх.

СССР Госпланĕн колхозсене сутма кирлĕ чухлĕ шифер, йывăҫ тата ытти строительство материалĕсем уйăрса пама палăртса хумалла.

Колхозсене сутма вырăнти тата кооперации промышленноҫĕн предприятийĕсенче кирпĕч, черепица, известь туса кăларассине ӳстермелле. Хуҫалăхшăн усăллă пулнине кура, колхозсене хăйсен вăйĕпе тата хăйсен хатĕрĕсемпе кирпĕч, черепица, известь туса хатĕрлеме сĕнес.

СССР Госпланĕн, СССР Ялхуҫалăхĕпе хатĕрлев министерствин тата СССР Совхозсен министерствин колхозсемпе совхозсем валли вырăнта йывăҫ хатĕрлес ĕҫе лайăхлатмалли ыйтăва тĕпчесе вĕренсе ҫак виҫĕ уйăх хушшинче СССР Министрĕсен Совечне сĕнӳсем тăратмалла.

12. Совхозсенче выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕҫе чылай вăйлатас, унăн тухăҫлăхне ӳстерес, продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетес, государствăна аш-какай, сĕт, ҫăм, тир тата ытти продуктсем парассине ӳстерес шутпа ҫителĕклĕ таран лайăх утă, сĕтеклĕ апат тата хăйсен вăйĕпе концентратлă чылай апатсем туса илмелле. Строительство ĕҫне татăклăн лайăхлатмалла тата пĕтĕм выльăх-чĕрлĕх валли ҫителĕклĕ таран лайăх витесем тумалла. Ҫитес 2—3 ҫул хушшинче совхоз производствин мĕнпур отраслĕсене комплекслă майпа механизацилесе ҫитермелле. 1954—1955 ҫулсенче совхозсенче ĕҫлекен рабочисемпе служащисем валли кирлĕ чухлĕ пурăнмалли суртсем, шкулсем тата ытти культурăпа йăла ҫурчĕсем туса лартмалла. СССР Госпланĕн ҫулталăклăха тăвакан плансенче ҫак ĕҫсем валли кирлĕ чухлĕ укҫа-тенкĕ, материалсем тата оборудовани уйăрса пама палăртса хумалла.

13. КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ вырăнти парти органĕсене выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕҫе ертсе пырассине татăклăн вăйлатма кирлине кăтартса парать. Обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕҫ ялхуҫалăхĕн чи каткăс отраслĕ пулса тăрать, унăшăн куллен тăрăшни, ун ҫине тимлĕн пăхни, ăна квалификациллĕ ертсе пыни кирлĕ. Парти органĕсен выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕҫе, уйрăмах юлса пыракан колхозсемпе совхозсенчи ĕҫсене хутшăнмасăр тăрас сиенлĕ практикăна пĕтермелле. Выльăх-чĕрлĕхĕн шултра хуҫалăхне ертсе пымалли техникăна тата хуҫалăхăн экономикине хăвăртрах вĕренсе ҫитес тесе пĕтĕм вăй хурса ĕҫлес пулать, ялхуҫалăхĕн ҫак чи кирлĕ отраслĕне ертсе пына пысăк квалификациллĕ нумай йышлă кадрсем хатĕрлемелле. Партипе комсомол вăйĕсене тĕрĕс вырнаҫтарса тухни кирлĕ, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетекен работниксен речĕсем ҫĕнĕрен пиншер коммунистсемпе тата комсомолецсемпе ӳссе пычăр.

Вырăнти мĕнпур парти, совет тата ялхуҫалăх органĕсем, ялхуҫалăх специалисчĕсемпе организаторĕсем, коммунистсем, комсомолецсем, мĕнпур колхозниксем МТС-семпе совхозсен работникĕсем выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕҫе малалла ҫĕклентерме татăклăн та ҫине тăрса тытăнсан, ҫакăншăн хăйсен вăйĕсемпе майĕсене шеллемесĕр ĕҫлесен, ҫитес 2—3 ҫул хушшинче пирĕн ҫĕршыв халăх валли аш-какай, сĕт, су, ҫăмарта тата выльăх-чĕрлĕхĕн ытти продукчĕсем, ҫăмăл тата апат-ҫимĕҫ промышленноҫĕ валли паха чĕртавар питĕ нумай илсе тăракан пулĕ.

## III.

## Колхозсемпе совхозсенче ҫĕрулмипе пахча-ҫимĕҫсем туса илессине ӳстересси тата вĕсене хатĕрлесси ҫинчен

Пирĕн ҫĕршывăн ҫĕрулмипе пахча ҫимĕҫсем туса илме пысăк майсем пур. Ҫав майсемпе усă курса, малта пыракан колхозсем пысăк тухăҫлă ҫĕрулми, купăста, помидор, хăяр тата ытти пахча ҫимĕҫсем туса илеҫҫĕ. Иваново облаҫĕнчи Шуйски районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхоз кашни гектартан вăтам шутпа 300-шер центнер пахча ҫимĕҫ, 450-шар центнер купăста туса илет. Ҫак колхозри малта пыракан бригадăсем кашни гектартан 500-шер центнер купăста тата кишĕр, 320-шер центнер хăяр туса илнĕ. Киев облаҫĕнчи Чернобыльски районĕнчи Сталин ячĕпе тăракан колхозра кашни гектартан 607-шер центнер ҫĕрулми туса илнĕ. Мускав облаҫĕнчи Горький ячĕпе тăракан совхозра уйрăм участоксенче кашни гектартан 800—1000-шер центнер купăста тата 400—600-шер центнер кишĕр туса илеҫҫĕ.

Ҫапах та ҫĕрулмипе пахча ҫимĕҫ туса илессине ӳстермелли майсемпе ялхуҫалăхĕнче ҫителĕксĕр усă кураҫҫĕ-ха, ҫав культурăсен тухăҫлăхне ӳстерес енĕпе пухнă малта пыракан опыта производствăна ҫителĕксĕр кĕртсе пыраҫҫĕ.

Чылай колхозсемпе совхозсенче ҫĕрулмине питĕ кая юлса, удобрени сапса ҫемҫетмен ҫĕр ҫине лартаҫҫĕ, лартнă чухне лартмалли нормăна чакараҫҫĕ. Ҫĕрулмипе пахча ҫимĕҫсен рет хушшисене кăпкалатассине япăх организациленĕ. Кая юлса тата тирпейсĕр пухса кĕртнĕ пирки тăкаксем нумай пулаҫҫĕ. Вырăнти Советсемпе ялхуҫалăх органĕсем ҫителĕксĕр ҫавăрăнса пăхнă пирки колхозсенче ҫĕрулми вăрлăхĕ хывасси ҫине тĕрĕс мар пăхаҫҫĕ. Вăрлăх фончĕсене хывас ĕҫе ăна тума лайăхрах условисем пур чухне—сентябрь уйăхĕнче мар, октябрьпе ноябрь уйăхĕсенче, йĕпе-сапаллă ҫанталăк пуҫлансан тата шăнтма тытăнсан тин тăваҫҫĕ. Ҫавна пула йĕпе е шăннă ҫĕрулмине суйласа тасатмасăрах усрама хураҫҫĕ, унăн чылай пайĕ усранă чухне пăсăлать.

Парникпе теплица хуҫалăхне ҫителĕксĕр аталантарнă, ҫавна пула хĕллепе ҫуркуннехи вăхăтра пахча ҫимĕҫсем сахал туса илеҫҫĕ, купăста, помидор тата ытти пахча ҫимĕҫ культурисен калчисене ҫителĕксĕр туса илеҫҫĕ.

Колхозсемпе совхозсенче ҫĕрулмипе пахча ҫимĕҫсем туса илесси хытă кая юлни, пуринчен ытла, ҫакăнтан килнĕ: СССР Ялхуҫалăхĕпе хатĕрлев министерстви тата СССР Совхозсен министерстви нумай ҫулсем хушши ҫĕрулмипе пахча ҫимĕҫсем туса илес ĕҫĕн тĕп ыйтăвĕсене — акас, лартас ĕҫсене, ҫĕрулмипе пахча ҫимĕҫсем пăхса ӳстерес тата пухса кĕртес ĕҫсене механизацилес, вĕсене туса илмелли агротехникăна лайăхлатас, ҫав культурăсене туса илес тĕлĕшпе колхозсемпе совхозсене экономика енĕпе интереслентерес ыйтусене пăхса тухса татса паман.

Машина-трактор станцийĕсем ҫĕрулмипе пахча ҫимĕҫ туса илес тĕлĕшпе ҫителĕксĕр ĕҫлеҫҫĕ. Тĕштырă хуҫалăхĕнче МТС-сем тĕп ĕҫсен 90—95 процентне тăваҫҫĕ пулсан, МТС-сен вăйĕсемпе колхозсенче 1952 ҫулта ҫĕрулми 14 процент кăна лартнă, пухса кĕртесси вара 6 процентран та сахалтарах пухса кĕртнĕ, пахча ҫимĕҫ культурисем туса илессине механизацилес тĕлĕшпе нимĕн те туманпа пĕрех. Ҫĕрулмипе пахча ҫимĕҫсене ку таранччен ал-вĕҫҫĕн ĕҫлесе туса илнĕ, ку ĕҫе экономика тĕлĕшпе ҫителĕксĕр хавхалантарса пынă. Ҫакă ĕнтĕ ҫĕрулмипе пахча ҫимĕҫ туса илесси кая юласси патне илсе пымасăр тăма пултарайман тата чăнах та ҫавăн патне илсе ҫитернĕ.

Ҫĕрулмипе пахча ҫимĕҫсем туса илессине ăнăҫлăн аталантарма кирлĕ паха условисенчен пĕри вăл—наука ҫитĕнĕвĕсемпе малта пыракан опыта производствăна кĕртсе пыни пулать. СССР Ялхуҫалăхĕпе хатĕрлев министерствинче, СССР Совхозсен министерствинче тата вĕсен вырăнти органĕсенче ҫĕрулмипе пахча ҫимĕҫсем туса илес ĕҫри ҫĕнĕ те малта пыракан майсемпе меслетсем ҫине тата, пуринчен ытла, ҫав культурăсене тăваткал-кĕтеслĕ меслетпе лартасси ҫине сӳрĕккĕн пăхаҫҫĕ, ҫавăн пекех пахча ҫимĕҫ калчисене ҫĕрнĕ тислĕкпе торф хутăштарса хунă чӳлмексем ҫинче ӳстересси ҫине сӳрĕккĕн пăхаҫҫĕ. Ҫав майсене темиҫе ҫул каялла туса хатĕрленĕ тата вĕсем экономика енĕпе пысăк усă параҫҫĕ, анчах вĕсене нумай вăхăт хушши колхозсемпе совхозсене производствăна массăллăн ĕҫе кĕртме сĕнмен. 1953 ҫулта ҫĕрулмине тăваткăл-кĕтеслĕ меслетпе 318 пин гектар лаптăк ҫине кăна лартнă, ҫакă вăл ҫĕрулми лартнă лаптăкăн 10 процентĕнчен те каярах пулать. Ҫĕрнĕ тислĕкпе торф хутăштарса хунă чӳлмексем ҫинче пахча ҫимĕҫ калчисене малта пыракан хăшпĕр колхозсемпе совхозсенче кăна ӳстереҫҫĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ ҫапла шутлать: ҫĕрулмипе пахча ҫимĕҫсем туса илес ĕҫри тĕп задача вăл механизацие анлăн ĕҫе кĕртсе пырса тата ҫĕрулмипе пахча ҫимĕҫ лартса ӳстермелли малта пыракан агротехникăлла майсемпе усă курса, ҫав культурăсен тухăҫлăхне чылай ӳстересси пулать. Задача ҫакăнта пулать: ҫитес икĕ-виҫĕ ҫул хушшинче ҫĕрулмипе пахча ҫимĕҫсем туса илессине нумай ӳстермелле, ҫапла вара хуласемпе промышленность центрĕсенче пурăнакансен, чĕртавартан продуктсем туса кăларакан промышленноҫăн ыйтăвĕсене пĕтĕмпех тивĕҫтерме кирлĕ чухлĕ кăна мар, тата выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмешкĕн те ҫителĕклĕ таранах ҫĕрулми туса илмелле.

КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ ҫапла йышăнать:

1. Ҫĕрулмипе пахча ҫимĕҫсем туса илессине ӳстерес шутпа 1954 ҫулта ҫĕрулмипе пахча ҫимĕҫ культурисем акмалли лаптăка ҫак виҫене ҫитерес:

а) колхозсенче—ҫĕрулми 4.128,5 пин гектара тата пахча ҫимĕҫ культурисем 1.003,4 пин гектара ҫити. Колхозсенче шăваракан ҫĕрсем ҫинче ҫĕрулми 153,4 пин гектар ҫине тата пахча ҫимĕҫ культурисем 284,2 пин гектар ҫине лартмалла;

б) СССР Совхозсен министерствин совхозĕсенче—ҫĕрулми 218 пин гектар ҫине тата пахча ҫимĕҫ культурисем 72,5 пин гектар ҫине лартмалла тата СССР Апат-ҫимĕҫ продукчĕсем тăвакан промышленность министерствин совхозĕсенче—ҫĕрулми 44 пин гектар ҫине, пахча ҫимĕҫ культурисем—20 пин гектар ҫине лартмалла.

2. 1954 ҫулта ҫĕрулмипе пахча ҫимĕҫ культурисен тухăҫлăхĕ кашни гектартан ҫакăнтан кая мар пулмалла туса задани палăртас:

а) колхозсенче—ҫĕрулми 140 центнер, купăста — 175 центнер, хăяр—110 центнер, помидор—135 центнер, сухан—85 центнер, кишĕр—120 центнер, хĕрлĕ кăшман — 130 центнер;

б) совхозсенче—ҫĕрулми 140 центнер, купăста — 210 центнер, хăяр—115 центнер, помидор—165 центнер, сухан—100 центнер, кишĕр—135 центнер тата хĕрлĕ кăшман—155 центнер.

3. СССР Ялхуҫалăхĕпе хатĕрлев министерствине, СССР Совхозсен министерствине, вырăнти советпа ялхуҫалăх органĕсене, колхозсене, совхозсене тата МТС-сене ҫĕрулми туса илессине, уйрăмах ССР Союзĕн Европа пайĕнчи вăтаҫĕрти районĕсенче, чылай ӳстерме хушас, ҫав районсенче ҫĕрулми туса илме лайăх условисем пур. СССР Ялхуҫалăхĕпе хатĕрлев министерствин, вырăнти советпа ялхуҫалăх органĕсен ССР Союзĕн Европа пайĕнчи вăтаҫĕрти районĕсенче ҫĕрулми тухăҫлăхне ӳстермелли тĕрлĕ мерăсене палăртса пурнăҫа кĕртмелле, пуринчен ытла ҫаксене тумалла:

а) ҫĕрулми лартмалли тăваткал-кĕтеслĕ меслете анлăн ĕҫе кĕртмелле, ҫĕрулмине пăхса ӳстерес тата пухса кĕртес ĕҫсене вăйлăн механизацилемелле;

б) ҫĕрулмине лайăхрах ҫĕрсем ҫине, ҫав шутрах юхан-шывсем таврашĕнчи ҫĕрсем ҫине лартмалла;

в) шăваракан ҫĕрсем ҫинче ҫĕрулми лартакан лаптăка ӳстермелле;

г) удобренисемпе, уйрăмах тислĕкпе усă курассине чылай ӳстермелле.

4. СССР Ялхуҫалăхĕпе хатĕрлев министерстви, СССР Совхозсен министерстви умне, республикăсенчи, крайсенчи, облаҫсенчи советпа ялхуҫалăх органĕсем умне колхозсемпе совхозсенче ҫĕрулмипе пахча ҫимĕҫ туса илес тата вĕсене пухса кĕртес тĕлĕшри тĕп ĕҫсене 1954—1955 ҫулсенче ҫакăн чухлĕ механизацилеме задача лартас (ĕҫсен пĕтĕм хисепĕнчен процентпа): 1954 ҫулта ҫĕрулми лартас, рetсем хушшине кăпкалатас тата пухса кĕртес ĕҫсене колхозсенче 40—65 процент тата совхозсенче 80—90 процент механизацилемелле. 1955 ҫулта ҫĕрулми лартас, ретсен хушшине кăпкалатас тата пухса кĕртес ĕҫсене колхозсенче 80—90 процента ҫити тата совхозсенче 95 процента ҫити механизацилемелле.

1954 ҫулта колхозсенче пахча ҫимĕҫ акас ĕҫсене—50 процент, калчасене куҫарса лартас ĕҫе—35 процент, пахча ҫимĕҫ речĕсен хушшине кăпкалатас ĕҫе—70 процент механизацилемелле. Ҫав ĕҫсене совхозсенче 80—85 процента ҫити механизацилемелле. 1955 ҫулта колхозсенче пахча ҫимĕҫ акас ĕҫсене 80—90 процент таран, калчасене куҫарса лартас ĕҫе—70—80 процент, пахча ҫимĕҫ культурисен речĕсем хушшине кăпкалатас ĕҫе—80—90 процент механизацилемелле. 1955 ҫулта совхозсенче пахча ҫимĕҫ туса илес пĕтĕм ĕҫсене 95 процента ҫити механизацилемелле.

5. СССР Ялхуҫалăхĕпе хатĕрлев министерствине, СССР Совхозсен министерствине, вырăнти советпа ялхуҫалăх органĕсене, МТС-семпе совхозсен директорĕсене ҫĕрулми лартмалли, пахча ҫимĕҫ акмалли тата лартмалли тăваткăл-кĕтеслĕ меслетпе анлăн усă курмалла тума хушас, ҫав меслет вăл культурăсене туса илес ĕҫе икĕ енĕпе механизацилеме май парать. 1954 ҫулта колхозсемпе совхозсенче пур ҫĕрте те ҫĕрулмине, помидорпа купăстана тăваткал-кĕтеслĕ тата тăваткал меслетпе лартса хăвармалла. 1954 ҫулта ҫĕрулми лартмалли машинăсем пĕтĕм лаптăка машинăпа лартма кирлĕ чухлех пулайманнине шута илсе, ҫĕрулмине тăваткал-кĕтеслĕ меслетпе лартнă ҫĕрте плугсемпе, культиваторсемпе тата ытти хатĕрсемпе анлăн усă курмалла.

6. Пахча ҫимĕҫ калчисене ҫĕрнĕ тислĕкпе торф хутăштарса тунă чӳлмексем ҫинче ӳстерессине производствăна анлăн кĕртсе пымалла, мĕншĕн тесен ҫак меслет пахча ҫимĕҫ тухăҫлăхне ӳстерет тата пахча ҫимĕҫсене иртерех пулса ҫитме май парать. СССР Ялхуҫалăхĕпе хатĕрлев министерствине, СССР Совхозсен министерствине, вырăнти советпа ялхуҫалăх органĕсене 1954 ҫултан пуҫласа кашни колхозпа совхозра ҫĕрнĕ тислĕкпе торф хутăштарса тунă чӳлмексем хатĕрлемелле тума тата вĕсенче пахча ҫимĕҫ культурисен калчине ӳстермелле тума хушас. Вырăнти Совет органĕсен ҫĕрнĕ тислĕкпе торф хутăштарса тунă чӳлмексем хатĕрлеме колхозсене заданисем ҫитерсе памалла тата ҫав заданисене пурнăҫланине тĕрĕслес ĕҫе организацилемелле.

7. Ҫĕрулмипе пахча ҫимĕҫсем туса илес тата пухса кĕртес ĕҫре комплекслă механизаципе анлăн усă курас шутпа ялхуҫалăхне пама ҫак машинăсемпе хатĕрсене туса кăлармалла тăвас: тăваткал-кĕтеслĕ меслетпе пĕр харăс тăватă рет ҫĕрулми лартма май паракан машина; тăватă ретлĕ культиватор-окучник, ун ҫине минераллă удобренисем сапмалли хатĕр вырнаҫтарса лартнă: ХТЗ-7 трактор ҫумне кăкармалли культиватор-растениепитатель; ҫĕрулми кăлармалли комбайн; ҫĕрулми аврине тасатмалли аппарат; ХТЗ-7 трактор ҫумне кăкармалли, пахча ҫимĕҫ акмалли сеялка; пахча ҫимĕҫ калчисене тăваткал меслетпе лартмалли машина; ҫĕрнĕ тислĕкпе торф хутăштарса чӳлмексем тумалли механизациллĕ станок; ХТЗ-7 трактор ҫумне кăкарса имҫам сапмалли хатĕр; шăвармалли установка; трактор ҫине сапмалли универсальнăй нагрузчик; тислĕк, торф, минераллă удобренисем тата известь сапмалли хатĕрсем; органикăллă шĕвĕ удобренисем сапмалли тата минераллă шĕвĕ удобренисем сапмалли машинăсем, пахча ҫимĕҫ, ҫĕрулми, органикăллă тата минераллă удобренисем турттармалли, пысăк кузовлă автосамосвалсем тата ытти машинăсем.

8. КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ партипе совет органĕсене СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ «1953 ҫулта ҫĕрулмипе пахча ҫимĕҫсем хатĕрлемелли тата вĕсене сутăн илмелли государство планĕ ҫинчен, ҫав продуктсене хатĕрлемелли хаксене ӳстересси ҫинчен» тата «Ҫĕрулмипе пахча ҫимĕҫсем сутма колхозла суту-илĕве сарасси ҫинчен» йышăннă постановленисем ҫинчен колхозниксене, рабочисемпе служащисене анлăн ăнлантарса пама хушать, ҫав постановленисем ҫĕрулмипе пахча ҫимĕҫсем туса илес ĕҫре колхозниксемпе колхозсене пурлăх енĕпе ытларах интереслентерме май параҫҫĕ.

(Малалли 3-мĕш страницăра).

# ССР СОЮЗӖН ЯЛХУҪАЛӐХНЕ МАЛАЛЛА АТАЛАНТАРМАЛЛИ МЕРӐСЕМ ҪИНЧЕН

## *НПСС Центральнӑй Комитечӗн Пленумӗ 1953 ҫулхи сентябрӗн 7-мӗшӗнче Н. С. Хрущев юлташ доклачӗ тӑрӑх йышӑннӑ постановлени*

(Малалли).

9. Пахча ҫимӗҫсемпе ҫӗрулми туса илес ӗҫре колхозсене ытларах интереслентерес шутпа, ҫав культурӑсене государствӑна обязательство шучӗпе памалли нормӑсене чакарас тата ҫав продуктсене ӳстернӗ хаксем тӑрӑх государство сутӑн илессине вӑйлатас. СССР Ялхуҫалӑхӗпе хатӗрлев министерствине, республикӑсен Министрӗсен Совечӗсене, крайисполкомсемпе облисполкомсене колхозсемпе колхозниксен килӗсем государствӑна ҫӗрулми памалли нормӑсене районсем тӑрӑх ҫӗнӗрен палӑртса, ҫавӑн пекех колхозсем государствӑна обязательство шучӗпе пахча ҫимӗҫ памалли нормӑсене палӑртса, вӗсене пӗр уйӑхлӑх срокра СССР Министрӗсен Советне ҫирӗплетме тӑратма хушас. Ҫӗнӗ нормӑсем туса хатӗрленӗ чухне ҫӗрулмипе пахча ҫимӗҫсем туса илмелли пӗр пек условисенче пуранакан районсен нормисенче пысӑк уйрӑмлӑхсем пулмалла мар, хуласемпе тата промышленность центрӗсемпе юнашар пурӑнакан районсен обязательнӑй поставкисен нормисем вара, ытти районсемпе танлаштарсан, кӑшт кӑна пысӑкрах пулмалла.

10. Хуласемпе промышленность центрӗсем таврашӗнче пахча ҫимӗҫ туса илессине хӑвӑртрах ӳстерес шутпа республикӑсен Министрӗсен Совечӗсене, крайсемпе облаҫсен исполкомӗсене Мускав облаҫӗн тӗслӗхӗ тӑрӑх юханшывсем хӗрринче, айлӑм вырӑнсенче тата торф кӑларса пӗтнӗ участоксенче ытларах пахча ҫимӗҫ туса илес, пахча ҫимӗҫ культурисем туса илессине механизацилес тата ҫав никӗс ҫинче пахча ҫимӗҫ туса илессине ӳстерес тӗлӗшпе тумалли конкретлӑ ӗҫсене палӑртма хушас.

11. Ҫӗрулмипе пахча ҫимӗҫсем туса илессине ӳстерес ӗҫре совхозсем пысӑк вырӑн йышӑнса тӑнине палӑртса, СССР Совхозсен министерствине 1953—1954 ҫулсенче пахча ҫимӗҫсемпе ҫӗрулми туса илес ӗҫе ҫӗнӗрен 154 совхоза хутшӑнтарма, СССР Апат-ҫимӗҫ таварӗсем тӑвакан промышленность министерствине ҫӗнӗрен 7 совхоза хутшӑнтарма хушас.

12. СССР Ялхуҫалӑхӗпе хатӗрлев министерствине, СССР Совхозсен министерствине, республикӑсен Министрӗсен Совечӗсене, крайисполкомсемпе облисполкомсене 1953 ҫулхи халӑх хуҫалӑхӗн планӗсем тӑрӑх колхозсемпе совхозсене парниксемпе теплицӑсем тума палӑртнӑ заданисене пурнӑҫламалла тума хушас.

1954 ҫулта колхозсемпе совхозсенче 9.197 пин штук рама чухлӗ парниксем, 514,5 пин тӑваткал метр чухлӗ теплицӑсем тумалла, 1955 ҫулта 11.896 пин штук рама чухлӗ парниксем тата 745,4 пин тӑваткал метр чухлӗ теплицӑсем ҫӗнӗрен тумалла. 1954 ҫулта колхозсемпе совхозсенче парник рамисем 2.789 пин штук тата 252 пин тӑваткал метр чухлӗ теплицӑсем тумалла, 1955 ҫулта парник рамисем 2.858 пин штук тата теплицӑсем 362 пин тӑваткал метр чухлӗ тумалла.

Колхозсемпе совхозсенче парниксемпе теплицӑсене пӑспа, шывпа тата электричествӑпа ӑшӑтассине анлӑн ӗҫе кӗртсе пыма палӑртас, парниксене, теплицӑсене тата тӑпрана ӑшӑтас ӗҫре промышленность предприятийӗсем паракан ӑшӑтмалли майсемпе анлӑн усӑ курмалла. Мускаври промышленность предприятийӗсен—колхозсене шефа илнӗ предприятисен тӗслӗхӗ тӑрӑх, колхозсене парниксемпе теплицӑсем тӑвас ӗҫре пулӑшу пама кирлӗ тесе йышӑнас, парниксемпе теплицӑсене колхозсен шучӗпе тумалла. СССР Госпланне халӑх хуҫалӑхӗн планӗсенче колхозсемпе совхозсене парниксемпе теплицӑсем тума кирлӗ материалсемпе детальсем туса хатӗрлессине тата сутассине, колхозсемпе совхозсене топливо ҫителӗклӗ чухлӗ парса тӑрассине палӑртса хума хушас.

13. Ҫӗрулми вӑрлӑхне хатӗрлес ӗҫри пысӑк ҫитменлӗхсене палӑртса тата ҫӗрулми лартмалли нормӑсене чакарас енелӗ практикӑна сивлесе, СССР Ялхуҫалӑхӗпе хатӗрлев министерствине, СССР Совхозсен министерствине, выранти советпа ялхуҫалӑх органӗсене, колхозсемпе совхозсен руководителӗсене, 1953 ҫултан пуҫласа, колхозсемпе совхозсем хӑйсем валли лайӑх пахалӑхлӑ ҫӗрулми вӑрлӑхӗ ҫителӗклӗ чухлех туса илмелле тума тата ҫӗрулми лартмалли нормӑсене йӗмӗнле майпа та чакармалла мар тума кирлӗ мерӑсем йышӑнма хушас. Ҫакӑн пек йӗрке тӑвас: кашни колхозпа совхоз ҫӗрулми вӑрлӑхӗн фончӗсене ӑна кӑларма массӑллӑн тытӑннӑ хыҫҫӑнах хывса хӑвармалла.

14. Халӑха ҫӗрулмипе пахча ҫимӗҫ парса тӑрассине лайӑхлатас ӗҫре 1953 ҫулта ҫав культурӑсене ӑнаҫлӑн пухса кӗртсе хатӗрлени тата сутӑн илсе хуни пысӑк вырӑн йышӑнать. СССР Ялхуҫалӑхӗпе хатӗрлев министерствине, Центросоюза, республикӑсен Министрӗсен Совечӗсене, крайисполкомсене, облисполкомсене ҫӗрулмипе пахча ҫимӗҫсем хатӗрлемелли тата сутӑн илмелли плана ӑнаҫлӑн тултармалла тума хушас. Ҫӗрулмипе пахча ҫимӗҫсем пухса кӗртес ӗҫре, уйрӑмах ку ӗҫсене механизацилес енӗпе, ҫавӑн пекех тата ҫӗрулмипе пахча ҫимӗҫсене хиртен, колхоз склачӗсенчен хатӗрлев пункчӗсене, пристаньсене тата чугун ҫул станцисене турттарас ӗҫре колхозсене пур енӗпе те пулӑшмалла.

СССР Ҫул-йӗр министерствине, Тинӗспе юханшыв флочӗн министерствине, Автомобиль транспорчӗпе шоссе ҫулӗсен министерствине обязательство шучӗпе тата натуроплата шучӗпе ҫӗрулмипе пахча ҫимӗҫсем памалли плана тултарнӑ колхозсене колхоз рынокӗсенче сутмашкӑн продуктсем турттарса кайма транспорт хатӗрӗсем пама хушас.

15. Ҫӗрулмипе пахча ҫимӗҫсем лартнӑ лаптӑксене ҫемҫетме колхозсене паракан минераллӑ удобренисемпе туллирех те тӗрӗсрех усӑ курас шутпа ҫакӑн пек йӗрке тӑвас: 1953 тата 1954 ҫулсенче ҫав культурӑсем лартнӑ лаптӑксене ҫемҫетме колхозсене минераллӑ удобренисем кивҫен памалла, ҫав кивҫене кӑҫал пухса кӗртнӗ ҫӗрулмипе пахча ҫимӗҫ культурисенчен пӗрине парса натурӑпа тӳлесе татмалла. Союзсельхозавтотрансӑн тата машина-трактор станцийӗсен государство склачӗсенчен минераллӑ удобренисем турттарса тухас ӗҫе туса пымалла, МТС-семпе колхозсен вара вӗсене санса хирсене ҫемҫетмелле.

16. Колхозсемпе совхозсенче пахча ҫимӗҫ бригадисене ҫирӗплетме кирлӗ тесе шутлас, колхозниксене, МТС-семпе совхозсен работникӗсене пахча ҫимӗҫпе ҫӗрулми туса илмелли малта пыракан меслетсене вӗрентес ӗҫе организацилемелле, кашни колхозпа совхозрах ҫӗрулми лартмалли, калча лартмалли тата ытти машинӑсемпе ӗҫлеме кадрсем хатӗрлемелле. Курссенче вӗрентсе, радиопа, кинопа тата хаҫат-журналсемпе усӑ курса, ҫавӑн пекех тата ятарласа лекцисемпе калаҫусем ирттерсе, мӗнпур колхозниксене, МТС-семпе совхозсен работникӗсене ҫӗрулмипе пахча ҫимӗҫсем туса илмелли кучӑхнехи техникӑпа тата агротехникӑпа паллаштармалла. Ҫав техникӑна вӗренсе алла илни пахча ҫимӗҫсемпе ҫӗрулмине акас, лартас, пӑхса ӳстерес тата пухса кӗртес ӗҫсене машинӑсемпе туса ирттермелле чи кирлӗ услови пулса тӑрать.

17. Союзлӑ республикӑсенчи компартисен Центральнӑй Комитечӗсене, КПСС крайкомӗсене, обкомӗсене, парти районсенчи комитечӗсене, колхозсенчи, МТС-сенчи тата совхозсенчи пуҫламӑш парторганизацисене пахча ҫимӗҫсемпе ҫӗрулми туса илессине вӑйлатас ӗҫе ертсе пырассине татӑклӑн лайӑхлатма хушас. Пахча ҫимӗҫ туса илесси — ялхуҫалӑхӗн чи йывӑр отраслӗсенчен пӗри. Ҫак отраслӗне тӗрӗс ертсе пырас тесен, ӑна пӗлес пулать. Парти руководителӗ ҫӗрулмипе пахча ҫимӗҫсем туса илес ӗҫӗн механизацийӗпе агротехникине пӗлмест пулсан, лартмалли тата акмалли тӑваткал-вӗтеслӗ меслете тата агротехникӑлла ытти мероприятисене пӗлмест пулсан, вӑл пахча ҫимӗҫсемпе ҫӗрулми туса илес ӗҫе лайӑхлатассишӗн пыракан кӗрешӳ пуҫӗнче тӑма пултараймасть. Пленум парти руководителӗсене пахча ҫимӗҫсемпе ҫӗрулми туса илес ӗҫе тӗпренех лайӑхлатма хушать.

## IV.

## Тӗштырӑсен, техникӑлла тата ҫу кӑлармалли культурӑсен тухӑҫлӑхне ӳстересси ҫинчен

Тӗштырӑ хуҫалӑхне аталантарас ӗҫре чылай пысӑк ҫитӗнӳсем тунӑ. Апат-ҫимӗҫ тумалли чи хаклӑ культура—тулӑ акакан лаптӑк 1940 ҫулхипе танлаштарсан 8,1 миллион гектар хушӑннӑ. Ҫӗршыва апат-ҫимӗҫ хатӗрлесе парас енӗпе пысӑк вырӑн йышӑнса тӑракан районсем—Украина, Ҫурҫӗр Кавказ, Крым, вӑрҫӑ вӑхӑтӗнче пысӑк сиен курнӑ пулин те, ялхуҫалӑхне хӑвӑрт юсаса ҫитернӗ, тӗштырӑ, уйрӑмах кӗрхи тулӑ, акса тӑвассине чылай ӳстернӗ. Нумай колхозсемпе совхозсем тулӑ кашни гектартан 150—200 пӑт тата ытларах та пухса кӗртеҫҫӗ.

Сахӑр кӑшманӗ, хӗвелҫаврӑнӑш тата ытти чылай техникӑлла культурӑсем малтанхи вӑхӑтри чухлӗ тата унтан ытларах акма пуҫланӑ. Сахӑр кӑшманӗ ытларах акни тата унӑн тухӑҫлӑхне ӳстерни халӑха сахӑр нумайрах парса тӑмалла тума май панӑ. Хлопчатник акса ӳстерес тӗлӗшпе, уйрӑмах Узбек, Таджик тата Туркмен ССР-ӗсенче, пысӑк ҫитӗнӳсем тунӑ. Ҫавна май промышленность ҫӗр мамӑк пирвайхи вӑрҫӑчченхинчен нумай ытларах туса кӑларать.

Кунпа пӗрлех КПСС Центральнӑй Комитечӗн Пленумӗ ҫакна палӑртать: пысӑк ҫитӗнӳсем пур пулин те, тӗштырӑ, техникӑлла тата ҫу кӑлармалли культурӑсем акса тӑвас ӗҫре чылай пысӑк ҫитменлӗхсем пур. Нумай колхозсемпе совхозсенче, уйрӑмах хура тӑпраллӑ мар тӑрӑхри, вӑтаҫӗрти хура тӑпраллӑ облаҫсенчи, Атӑл тӑрӑхӗнчи тата Ҫӗпӗрти районсенче, тӗштырӑсен, ҫу кӑлармалли, пӑрҫа йышши культурӑсен тата йӗтӗн-долгунец тухӑҫлӑхӗ пӗчӗккӗ. Украина ССР-ӗнчи колхозсенче юлашки ҫулсенче кукуруза акнӑ лаптӑк тата кукуруза тухӑҫлӑхӗ чакнӑ.

Ялхуҫалӑх культурисен тухӑҫлӑхӗ пӗчӗккӗ пулнин тӗп сӑлтавӗ машина-трактор станцийӗсем, колхозсем тата совхозсем ӗҫсене япӑх туса пыни, совет тата ялхуҫалӑх органӗсем, МТС-семпе совхозсен директорӗсем, колхоз председателӗсем нумайӑшӗ агротехника ыйтӑвӗсем ҫине ҫаврӑнса пӑхманни пулать.

Нумай машина-трактор станцийӗсем уй-хир ӗҫӗсене вӑхӑтра тумаҫҫӗ тата япӑх тӑваҫҫӗ, кӗрхи сӗртме тумалли плана тултармаҫҫӗ, вара ҫуркунне акакан культурӑсен чылай пайне ҫуркунне сухаланӑ ҫӗр ҫине акаҫҫӗ. Суракине чӑтма ҫук вӑрӑм вӑхӑт хушши туса пыраҫҫӗ. Ҫӗртме сухине кая юлса тӑваҫҫӗ, ҫӗртме пуссисене япӑх ҫемҫетсе тӑраҫҫӗ, кӗрхи тырӑсене вӑхӑтра акса хӑвармаҫҫӗ. Сортлӑ мар, япӑх вӑрлӑхпа акас тата акмалли нормӑна чакарас енелӗ практикӑна халӗ те пӗтерсе ҫитермен.

Малта пыракан агротехникӑлла ӗҫсем—тӗштырӑсене ансӑр ретпе тата хӗреслӗ майпа акасси, кукурузӑна, хӗвелҫаврӑнӑшне тата ыттисене те тӑваткал тӗмӗн-тӗмӗн акасси, ҫавӑн пек туни усӑллӑ пулнине практика кӑтартса панӑ пулин те, анлӑн сарса пымаҫҫӗ-ха. Лайӑхрах, пысӑкрах тухӑҫлӑ пулакан сортсем производствӑна ҫителӗксӗр кӗрсе пыраҫҫӗ. Хуратул, вир, йӗтӗн-долгунец, пӗр ҫул тата нумай ҫул ӳсекен курӑксен вӑрлӑхӗсене акса тӑвасси япӑх пулса пырать.

Парти организацийӗсенчен нумайӑшӗ малта пыракан агротехникӑна ӗҫе кӗртессишӗн вырӑнсенче массӑллӑ ӗҫе кирлӗ пек сарса ямӑн, ялхуҫалӑх культурисене акса ӳстерес тата пухса кӗртес ӗҫре мӗнпур ӗҫсене вӑхӑтра тата пысӑк пахалӑхпа туса ирттерме колхозниксене, МТС-семпе совхозсен работникӗсене ҫителӗксӗр организацилеҫҫӗ.

Ҫӗршывӑн чылай районӗсенче тӗштырӑсен, ҫу кӑлармалли тата техникӑлла культурӑсен тухӑҫлӑхӗ пӗчӗккӗ пулнин тӗп сӑлтавӗсенчен пӗри тӑпрана ҫемҫетме уя органикӑлла тата минераллӑ удобренисем, уйрӑмах тислӗк, торф, торф компосчӗ сахал тӑкни пулать. Тислӗк пухмалли вырӑнсем ҫук пирки колхозсенче тислӗке тӗрӗс мар упраса усраҫҫӗ, тислӗк пахалӑхӗ ҫухалать. Белорус ССР-ӗнче, Брянск, Смоленск, Велики Луки тата ытти хӑшпӗр облаҫсенче симӗс удобрени тума люпин, сераделла тата ытти культурӑсем питӗ ҫителӗксӗр акаҫҫӗ. Йӳҫӗклӗ, кӗллӗ тӑпраллӑ районсенче чылай колхозсем тӑпрана извеҫлемеҫҫӗ.

Нумай колхозсемпе совхозсенче уйри тӗштырӑсене, ҫу кӑлармалли тата техникӑлла культурӑсене пӑхса ӳстернӗ чухне ӗҫсене вӑхӑтра туманнипе тата япӑх ӗҫленӗ пирки, ҫавӑн пекех тата пухса кӗртнӗ чухне тӑккаласа хӑварнӑ пирки пухӑнмалли ялхуҫалӑх продукцийӗ нумай пухӑнмасӑр юлать.

МТС-сем ӗҫсене вӑхӑтра тата мӗн таран лайӑх тунине тӗрӗслессине организацилемен. МТС-сем тракторпа тӑвакан ӗҫсене мӗнле туса пынине тӗрӗслекен государство инспекторӗсем—районсенчи ялхуҫалӑх управленийӗсен главнӑй агрономӗсем, республикӑсенчи ялхуҫалӑх министерствисен, крайсемпе облаҫсенчи ялхуҫалӑх управленийӗсен главнӑй тата старши агрономӗсем машина-трактор станцийӗсен ӗҫӗпе сыхӑнса тӑмаҫҫӗ, тӗрӗслесе тӑрас тӗлӗшпе хӑйсен ӗҫӗсене тумаҫҫӗ. Тырпул тухӑҫлӑхне планлас ӗҫе тӗрӗс мар туса пыраҫҫӗ, малта пыракан колхозсемпе вӗсен уй-хир бригадисене тырпул тухӑҫлӑхне ӳстермелли заданисене ытлашши ӳстерсе параҫҫӗ, ҫавна пула колхозниксем тата МТС-сен трактор бригадисенчи работниксем хӑйсен пысӑкрах тухӑҫлӑ ӗҫӗшӗн хушса тӳлемеллине илеймесӗр тӑрса юлаҫҫӗ.

Тӗштырӑсен, техникӑлла тата ҫу кӑлармалли культурӑсен пӗтӗм продукцийӗпе таварлӑ продукцине малалла ӳстерсе пыма КПСС Центральнӑй Комитечӗн Пленумӗ ҫапла йышӑнать:

1. Тӗштырӑ хуҫалӑхӗ пӗтӗм ялхуҫалӑх производствин никӗсӗ пулса тӑнине шута илсе, тӗштырӑ хуҫалӑхне тата уйрӑмах апат-ҫимӗҫ тумалли чи хаклӑ культура пулса тӑракан кӗрхи тулӑпа ҫурхи тулӑ акса тӑвассине пур майсемпе те аталантарса пыни кирлӗ, тесе шутлас,—ҫакна пурнӑҫламалла тулӑ акса тӑвакан тӗп районсенче, ҫавӑн пекех вӑтаҫӗрти хура тӑпраллӑ тӑрӑхри районсенче, Атӑл тӑрӑхӗнчи сылтӑм енчи районсенче тулӑ тухӑҫлӑхне малалла ӳстерсе пымалла. Кӑнтӑр-Хӗвелтухӑҫ, Казахстан тата Хӗвеланӑҫ Ҫӗпӗр районӗсенче хытӑ тулӑсем ытларах акса ӳстермелле.

2. СССР Ялхуҫалӑхӗпе хатӗрлев министерствине, вырӑнсенчи совет тата ялхуҫалӑх органӗсене кӗрпе тумалли культурӑсем, уйрӑмах хуратул тата вир акса тӑвасси кая юлнине пӗтерме кирлӗ ӗҫсем тума хушас.

Хуратул тата вир акса тӑвас ӗҫпе колхозсемпе колхозниксене экономика енӗпе ытларах интереслентерес тесе, колхозсене ҫапла тума ирӗк парас:

а) государствӑна обязательнӑй поставка йӗркипе тата МТС ӗҫленӗшӗн натуроплата шучӗпе тырӑ панӑ чухне апат-ҫимӗҫ тумалли ытти культурӑсем вырӑнне хуратул пама юрать,—100 килограмм хуратул парсан, ӑна 200 килограмм ыраш е 150 килограмм тулӑ вырӑнне шутласа илмелле. Колхозсене ҫапла тума сӗнес: колхозниксене тата МТС-сен трактор бригадисенчи работниксене колхоза тырпул тухӑҫлӑхне ӳстерме ҫирӗплетсе панӑ планран ирттерсе пухса кӗртнӗ хуратулӑн 50 проценчӗ таран хушса тӳлемелле. Хушса тӳлемеллине колхозра тӗштырӑсен пӗтӗм тухӑҫлӑхӗ мӗн чухлӗ пулнине тата государствӑна тырӑ памалли плана тултарнине пӑхмасӑр памалла;

б) государствӑна обязательнӑй поставка йӗркипе тата МТС ӗҫленӗшӗн натуроплата шучӗпе тырӑ панӑ чухне апат-ҫимӗҫ тумалли ытти культурӑсем вырӑнне вир пама юрать,—100 килограмм вире 105 килограмм тулӑ е 125 килограмм ыраш вырӑнне шутласа илмелле. Колхозсене ҫапла тума сӗнес: колхозниксене тата МТС-сен трактор бригадисенчи работниксене колхоза тырпул тухӑҫлӑхне ӳстерме ҫирӗплетсе панӑ планран ирттерсе пухса кӗртнӗ вирӗн 50 проценчӗ таран хушса тӳлемелле; хушса тӳлемеллине колхозра тӗштырӑсен пӗтӗм тухӑҫлӑхӗ мӗн чухлӗ пулнине тата государствӑна тырӑ памалли плана тултарнине пӑхмасӑр памалла.

СССР Ялхуҫалӑхӗпе хатӗрлев министерствине институтсемпе сӑнав станцийӗсенче чумиза культурине анлӑн сӑнаса пӑхма, пысӑкрах тухӑҫлӑ пулакан, вырӑнти условисенче лайӑх ӳсекен сортсене палӑртма, ӑна акса тумалли агротехникӑна палӑртса хатӗрлеме хушас, ҫапла вара ҫак пысӑк тухӑҫлӑ культурӑна колхозсемпе совхозсенче акса тума тытӑнмалла пултӑр.

3. СССР Ялхуҫалӑхӗпе хатӗрлев министерствине, Кӑнтӑрти, Кавказ леш енчи, Вӑтам Азири тата Инҫет Хӗвелтухӑҫӗнчи облаҫсемпе республикӑсенчи парти, совет тата ялхуҫалӑх органӗсене рис тухӑҫлӑхне чылай ӳстерме, рис ытларах акмалла тума, шӑвармалли каналсемпе хатӗрсене вӑхӑтра хатӗрлесе ҫитерме, рис акса ӳстерес ӗҫри агротехника шайне хӑпартма тата акса ӳстернӗ риса вӑхӑтра пухса кӗртмелле тума хушас.

Пӑрҫа йышши культурӑсем (пӑрҫа, фасоль тата ытти те) акса ӳстерессине уйрӑмах тимлӗн пӑхмалла,—ҫак культурӑсем халӑха апат-ҫимӗҫ парса тӑрассине лайӑхлатма питӗ кирлӗ.

4. Вылӑх-чӗрлӗх ӗрчетес ыйтӑва татса парас енӗпе вылӑх апачӗ тумалли культурӑсем: кукуруза, урпа тата сӗлӗ акса тӑвассине ӳстерсе пыни пысӑк вырӑн йышӑнать. Ҫав культурӑсене акса тӑвассине сарса пырса, сывӑхри 2—3 ҫул хушшинче колхозсемпе совхозсенче обществӑлла выльӑх-чӗрлӗхе ҫитерме тӗштырӑ ҫителӗклӗ пулмалла тӑвас пулать.

Кӑнтӑрти, кӑнтӑр-хӗвелтухӑҫӗнчи, вӑтаҫӗрти хура тӑпраллӑ тата хура тӑпраллӑ мар районсенче кукуруза чылай ытларах акмалла. Кукуруза ытларах акса тума тӑваткал тӗмӗн-тӗмӗн акмалли майпа анлӑн усӑ курмалла, кун пек тусан ӗҫ вӑйӗ те сахалтарах кирлӗ тата рет хушшисене ҫемҫетессине механизацилеме, ҫапла вара тухӑҫлӑха ӳстерме май парать. Ҫавӑн пекех тата кукурузӑн гибридлӑ вӑрлӑхне хӑюллӑн акма пуҫлас пулать.

5. КПСС Центральнӑй Комитечӗн Пленумӗ ҫапла шутлать: ҫӗр мамӑкӗ нумайрах тӑвассине колхозсемпе совхозсенче хлопчатник тухӑҫлӑхне чылай ӳстернипе, халиччен усӑ курман тата ҫӗнӗрен шӑвармалла тунӑ ҫӗрсемпе усӑ курса хлопчатник ытларах акнипе, ҫавӑн пекех тата мелиорации ӗҫӗсене туса ҫӗрсене лайӑхлатнипе пурнӑҫласа пымалла. Хлопчатникӑн ҫӗнӗ, пысӑк тухӑҫлӑ, час пулса ҫитекен, мамӑкӗн тӑршшӗ вӑтам тата вӑрӑм пулакан, пӗр-пӗр паллӑ зонӑри тӑпрапа климат условийӗсене хӑнӑхнӑ, машинӑпа ӗҫлеме юрӑхлӑ сорчӗсене ӗрчетсе кӑларас тӗлӗшпе селекци ӗҫӗсене вӑйлатмалла.

СССР Ялхуҫалӑхӗпе хатӗрлев министерствине, вырӑнсенчи совет тата ялхуҫалӑх органӗсене ҫӗр мамӑкӗ пухса кӗртмелли пур пек машинӑсемпе лайӑхрах усӑ курмалла тума, Машиностроени министерствине—1954—1955 ҫулсенче ҫӗр мамӑкӗ тата хлопчатник коробкисене пухса кӗртмелли лайӑхрах машинӑсем тума хушас.

6. СССР Ялхуҫалӑхӗпе хатӗрлев министерствине, СССР Совхозсен министерствине, вырӑнсенчи совет тата ялхуҫалӑх органӗсене сахӑр кӑшманӗ акса тӑвассине малалла ӳстерсе пыма хушас, ҫавна пурнӑҫлама сахӑр кӑшманӗ акса ӳстернӗ чухне агротехникӑлла ӗҫсене лайӑхрах туса пымалла; кӑшмана механизмсемпе пухса кӗртмелле, ҫӗре удобренисемпе ҫемҫетмелле тата ҫав культурӑн чирӗсемпе, сиенлекен хурт-кӑпшанкӑсемпе кирлӗ пек кӗрешмелле.

Сахӑр кӑшманне кӑларса пухас, тиес тата пушатас ӗҫе ытларах механизацилес тесе, Машиностроени министерствине тата СССР Ялхуҫалӑхӗпе хатӗрлев министерствине сахӑр кӑшманӗ кӑларса пухмалли комбайнсем чылай ытларах туса кӑларма тата 1953—1954 ҫулсенче сахӑр кӑшманӗ тиемелли—пушатмалли механизмсен конструкцийӗсене туса хатӗрлеме, вара 1954 ҫулта ҫав механизмсене туса кӑларассине организацилеме тата вӗсемпе сахӑр кӑшманӗ акса тӑвакан колхозсемпе совхозсенче усӑ курмалла тума хушас.

7. Йӗтӗн тата кантӑр нумайрах акмалла тӑвасси, ҫав культурӑсен тухӑҫлӑхӗпе таварлӑхне чылай ӳстерессии йӗтӗнпе кантӑр акса тӑвакан районсенчи парти, совет тата ялхуҫалӑх органӗсен пысӑк задачи пулать, тесе шутлас. Йӗтӗнпе кантӑр акса тумалли агротехникӑна лайӑхлатмалла, ҫав культурӑсене вӗсемшӗн чи лайӑх шутланакан вырӑна акмалла, вӑрлӑх тӑвас ӗҫе татӑклӑн лайӑхлатмалла, йӗтӗнпе кантӑра вӑхӑтра, лайӑх пухса кӗртсе, лайӑх тирпейлесе, ҫавӑн пекех йӗтӗнпе кантӑр акса ӳстернӗ, пухса кӗртнӗ чухне тӗп ӗҫсене механизацилесе, тӑккаланса пӗтессине пур майсемпе те чакармалла.

Йӗтӗн тата кантӑр завочӗсем ҫумӗнче йӗтӗнпе кантӑр ҫурӑмӗсене пултарса тирпейлекен цехсем тата йӗтӗн ҫапакан цехсем лартас ӗҫе сарса ямалла, ҫапла вара 1955 ҫулта сутлӑх хатӗрленӗ пӗтӗм йӗтӗн ҫурӑмӗсенчен 85—90 процентне йӗтӗн завочӗсенче тирпейлемелле пултӑр.

8. СССР Ялхуҫалӑхӗпе хатӗрлев министерствине, СССР Совхозсен министерствине, республикӑсен Министрӗсен Совечӗсене, вырӑнсенчи совет тата ялхуҫалӑх органӗсене хӗвелҫаврӑнӑш тухӑҫлӑхне малалла ӳстерсе пыма, ҫавӑн пекех тата Казахстан, Ҫӗпӗр тата Урал районӗсенче вӑррипчен ҫу кӑлармалли йӗтӗн ытларах акмалла тума, хӗвелҫаврӑнӑшне, клещевинӑна тӑваткал тӗмӗн-тӗмӗн акассине анлӑн сарса, ҫу кӑлармалли культурӑсене ӳстернӗ чухне агротехникӑна лайӑх пурнӑҫласа пыма, ҫак культурӑсен рет хушшисене ҫемҫетнӗ чухне тата пуҫтарса кӗртнӗ чухне механизмсемпе ӗҫлемелле тума хушас. Ҫу кӑлармалли культурӑсен ҫу ытларах тухакан, час пулса ҫитекен тата чирсене парӑнман ҫӗнӗ сорчӗсене ӗрчетсе кӑлармалла тата акса тума тытӑнмалла.

9. СССР Ялхуҫалӑхӗпе хатӗрлев министерствине, республикӑсен Министрӗсен Совечӗсене, вырӑнсенчи совет тата ялхуҫалӑх органӗсене ҫак ӗҫсене тума хушас:

а) улма-ҫырла йывӑҫҫисем ытларах лартма мӗнпур майсемпе тӑрӑшмалла, 1953 ҫулта ҫӗнӗрен садсем, виноградниксем тата ҫырла пахчисем тумалли плана пӗтӗмпех пурнӑҫласа ҫитермелле, ҫапла вара 1954—1955 ҫулсенче улма-ҫырла йывӑҫҫисем лартнӑ ҫӗр лаптӑкӗ нумай хушӑнмалла пултӑр.

Халиччен лартса ӳстернӗ садсене, виноградниксене тата ҫырла пахчисене йӗркелесе ҫитермелле, япӑх пӑхнӑ пирки вӗсем пӗтни ан пултӑр, 1954 ҫулта пысӑк тухӑҫлӑ улма-ҫырла, виноград тата фруктсем пухса кӗртмелле пултӑр;

б) 1954 ҫулта промышленность центрӗсене арбузсемпе дыньӑсем 1953 ҫулхинчен нумай ытларах кӳрсе пымалла тӑвас тесе, арбузсемпе дыньӑсем ытларах лартмалла.

10. СССР Ялхуҫалӑхӗпе хатӗрлев министерствине, СССР Совхозсен министерствине, вырӑнсенчи совет тата ялхуҫалӑх органӗсене ҫак ӗҫсене тума хушас:

а) нумай ҫул тата пӗр ҫул ӳсекен курӑксен вӑрлӑхне хатӗрлес ӗҫ япӑхса кайнине пӗтермелле, кашни колхозӑн тата совхозӑн нумай ҫул ӳсекен тата пӗр ҫул ӳсекен курӑксен вӑрлӑхӗ хӑйсене кирлӗ чухлӗ акса тумалла, ҫавӑн пекех ҫав культурӑсен вӑрлӑхне, чи малтан ӗлӗкренпех курӑк вӑррисем пысӑк тухӑҫлӑ туса илекен районсенче, сутлӑх та ӳстерсе хатӗрлессине организацилемелле;

б) 1953 ҫулта колхозсемпе совхозсенче килес ҫул ҫуртырӑсем акмалли пусӑсене пӗтӗмпех кӗрхи ҫӗртме туса хӑвармалла тата хура ҫӗртме тумалли плана пӗтӗмпех тултармалла. 1954 ҫулхи апрельпе май уйӑхӗсенче 1955 ҫулта кӗрхи тырӑсем акма ҫӗртме тумалла тата 1956 ҫулта кӗрхи тырӑсем акма пуринчен ытла хура ҫӗртме туса хӑвармалла, ҫавӑн пекех тата Ҫӗпӗрти тата Уралӑн кӑнтӑр пайӗнчи районсенче 1955 ҫулта ҫурхи тулӑ акма июньпе июль уйӑхӗсенче ҫӗртме тумалла.

Нӳрӗ ҫителӗклӗ районсенче, пуринчен ытла хура тӑпраллӑ тата хура тӑпраллӑ мар тӑрӑхра, ҫавӑн пекех Украинӑн вӑрманлӑ-ҫеҫенхирлӗ районӗсенче, унта ҫӗртме пуссине пӗр-пӗр культура акса илнӗ хыҫҫӑн та кӗрхи тырӑсем пысӑк тухӑҫлӑ пулнӑ ҫӗрте, таса ҫӗртме вырттарас вырӑнне сывӑхри ҫулсенче майӗпен ҫӗртме пуссисене ир пухса кӗртмелли культурӑсем акса илме тытӑнмалла.

11. Вырӑнти удобренисем (тислӗк, торф, тислӗк шӗвекӗ, тӗрлӗрен компостсем тата ыттисем те) хатӗрлессине, ҫав удобренисемпе ҫӗре ҫемҫетессине чылай ӳстермелле. Торф нумай районсенче удобрени тума тата вылӑх айне сарма торф нумайрах хатӗрлемелле. Компостсем тата органикӑлла удобренисемпе минераллӑ удобренисен хутӑшӗсене хатӗрлессине, ҫавсемпе ҫӗре ҫемҫетессине анлӑн сарса ямалла, ҫапла вара колхозсенче органикӑлла удобренисемпе ҫӗре ҫемҫетессине сывӑхри 2—3 ҫул хушшинчех, 1952 ҫулхипе танлаштарсан, пӗр хут ҫурӑ—икӗ хут ӳстермелле пултӑр.

Хими промышленность министерствипе Металлурги промышленность министерствине 1954—1963 ҫулсенче минераллӑ удобренисем тӑвакан производство хӑвачӗсене (условнӑй единицӑсемпе шутласан) 1959 ҫулта 16,5—17,5 миллион тонна яхӑн тата 1964 ҫулта 28—30 миллион тонна яхӑн ӳстерме хушас. Туса кӑларакан пӗтӗм суперфосфатран пӗрчӗлетнӗ суперфосфат туса кӑларассине 1955 ҫулта 45 процента тата 1958 ҫулта 60 процента ҫитермелле. 1956 ҫултан пуҫласа ялхуҫалӑхне аммиак селитри пӗтӗмпех пӗрчӗлетнине памалла тӑвас. Хибинри апатитсемпе, ҫавӑн пекех вырӑнсенчи фосфоритсемпе ялхуҫалӑхӗнче анлӑн усӑ курас ыйтӑва пӑхса тухмалла.

СССР Ялхуҫалӑхӗпе хатӗрлев министерствине, СССР Совхозсен министерствине, вырӑнсенчи совет тата ялхуҫалӑх органӗсене минераллӑ удобренисем тӑккаланса ҫухалнине пӗтерме, ҫав удобренисене пӑхса усрассине тата вӗсемпе усӑ курассине лайӑхлатма хушас.

12. Йӳҫӗклӗ тӑпрасене извеҫлени, тӑпра тӑварланса кайнӑ районсенче—тӑпрана гипс хывни тырпул тухӑҫлӑхне ӳстермелли паха май пулнине пысӑк вырӑна хурса, союзлӑ республикӑсен Министрӗсен Совечӗсене 1954 ҫултан пуҫласа строительство материалӗсем тӑвакан промышленносӑн, вырӑнти промышленносӑн тата промысла кооперацийӗн предприятийӗсенче ялхуҫалӑхӗнче усӑ курма известь туса кӑларассине чылай ӳстерме, ҫав вӑхӑтрах известь хакне ҫӗнӗрен пӑхса тухса йӳнетме хушас.

13. Ядохимикатсем, уйрӑмах ДДТ, гексохлоран тата гранозан, туса кӑларассине ик-виҫӗ ҫул хушшинче, 1953 ҫулхи планпа танлаштарсан, 2 хут ӳстерес, сывӑхри ҫулсенчех фосфороорганически препаратсем туса кӑлармалла тӑвас, ҫапла вара ӳсен-тӑрансене сиенлекен хурт-кӑпшанкӑсемпе тата чирсемпе кӗрешме ялхуҫалӑхне ядохимикатсем ҫителӗклӗ парса тӑмалла пултӑр. Колхозсенче, совхозсенче, колхозниксен, рабочисемпе служащисен кил ҫумӗнчи участокӗсенче ялхуҫалӑх ӳсентӑранӗсене сиенлекен хурт-кӑпшанкӑсемпе тата чирсемпе кӗрешмелли пысӑк тухӑҫлӑ машинӑсемпе аппаратсем туса кӑларассине ӳстермелле, ҫав машинӑсемпе аппаратсене ялхуҫалӑхӗ валли ҫителӗклӗ парса тӑмалла.

## V.

## Машина-трактор станцийӗсен ӗҫне малалла лайӑхлатасси ҫинчен тата колхоз производствине аталантарас ӗҫре вӗсен рольне вӑйлатасси ҫинчен

Машина-трактор станцийӗсем колхоз стройӗн индустрилле материальнӑ-техникӑлла никӗсӗ пулса тӑраҫҫӗ, хальхи вӑхӑтра колхоз производствине аталантарас ӗҫре татса паракан вӑй, колхозсене социализмла государство енчен ертсе пырас ҫӗрте питех те паха опорнӑй пунктсем пулса тӑраҫҫӗ. Юлашки ҫулсенче ҫӗршывра ялхуҫалӑхне механизацилес ӗҫре чылай ӳсӗмсем тунӑ. Машина-трактор станцийӗсем кучӑхнехи техникӑна нумай илчӗҫ, ҫакӑ вӑл ӗҫ вӑйӗ нумай ыйтакан чылай ӗҫсене механизацилеме, колхозниксен ӗҫне ҫӑмӑллатма тата унӑн тухӑҫлӑхне чылай ӳстерме май пачӗ.

Техникӑпа вӑйлӑн хӗҫпӑшалланнӑ машина-трактор станцийӗсем организаторла ӗҫе пурнӑҫласа пыраҫҫӗ тата колхозсенче мӗнпур ялхуҫалӑх ӗҫӗсенчен тӑватӑ пайран виҫӗ пайне яхӑн тӑвакан государственнӑй шултра предприятисем пулса тӑраҫҫӗ. Ҫавӑнпа та колхоз производствин мӗнпур отраслӗсене малашне татӑклӑн вӑйлатасси чи малтан машина-трактор станцийӗсенчен килет.

Ҫавӑнпа пӗрлех КПСС Центральнӑй Комитечӗн Пленумӗ машина-трактор станцийӗсен ӗҫӗнче пысӑк ҫитменлӗхсем пуррине палӑртать.

Нумай МТС-сенче трактористсен, трактор бригадисен бригадирӗсен, машинистсем тата ытти специальноҫлӑ рабочисен квалификациллӗ кадрӗсем ҫителӗклӗ чухлӗ ҫук. МТС-сенчи механизаторсен кадрӗсем час-часах улшӑнса тӑраҫҫӗ. КПСС Центральнӑй Комитечӗн Пленумӗ ҫапла шутлать: хальхи условисенче, МТС-сем кӑткӑс техникӑпа хӗҫпӑшалланнӑ государственнӑй шултра предприятисем пулса тӑнӑ вӑхӑтра, вӗсен механизаторсен яланхи кадрӗсем ҫукки тӗрӗс мар ӗҫ пулса тӑрать.

(Малалли 4-мӗш страницӑра).

# ССР СОЮЗĔН ЯЛХУÇАЛĂХНЕ МАЛАЛЛА АТАЛАНТАРМАЛЛИ МЕРĂСЕМ ÇИНЧЕН

## *КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ 1953 çулхи сентябрĕн 7-мĕшĕнче Н. С. Хрущев юлташ доклачĕ тăрăх йышăннă постановлени*

(Юлашки).

12. Социализмла ялхуçалăхĕ тунă çитĕнÿсене анлăн пропагандăлама 1954 çулта Мускавра илан ĕçлекен Пĕтĕм Союзри ялхуçалăх выставки уçмалла; колхозниксем, колхозницăсем, ялхуçалăхĕнче, колхозсенче, МТС-сенче тата совхозсенче, районсенче, облаçсенче, сăнавлă станцисенче, наукăпа тĕпчев институчĕсенче ĕçлекен мĕнпур работниксем хушшинче Пĕтĕм Союзри ялхуçалăх выставкине хутшăнма право илессишĕн социализмла ăмăрту сарса ямалла. Çавнашкалах районсенче, облаçсенче, крайсемпе республикăсенче кашни çул ялхуçалăх выставкисем ирттермелле тăвас.

13. КПСС Центральнăй Комитечĕ çакна палăртать: ялхуçалăх науки чылай çитĕнÿсем тунă пулин те, вăл колхозпа совхоз производствин ыйтăвĕсенчен çаплах юлса пырать-ха. Наукăпа тĕпчев институчĕсенчен тата сăнавлă станцисенчен нумайăшĕ практикăран уйрăм ĕçлеççĕ, лабораторисемпе сăнавлă хирсенче ĕçленипех çырлахаççĕ, наукăпа практикăна çĕнĕ открытисемпе, çĕнĕ сĕнÿсемпе пуянлатмаççĕ, колхозсене, МТС-сене, совхозсене çĕрĕçĕпе выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçĕн культурине çĕклеме сахал пулăшаççĕ.

СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине, облаçсенчи, крайсенчи, республикăсенчи партипе совет органĕсене наукăпа тĕпчев учрежденийĕсен ĕçĕнчи çитменлĕхсене пĕтерме, наука колхозпа совхоз производствинчен юлса пынине пĕтерме, ялхуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсене малалла çĕклес ĕçре наука учрежденийĕсем колхозсене, МТС-сене, совхозсене практикăлла пулăшу парассине вăйлатма хушас. Ученăйсен вăйне ялхуçалăх наукине малалла аталантарас ĕçе пăхăнтармалла, çапла вара ялхуçалăх науки ялхуçалăхĕнче ĕçлекен кадрсене çĕнĕ пĕлÿсемпе тата ĕç тухăçлăхне ÿстермелли, ялхуçалăх продукцийĕ ытларах туса илмелли çĕнĕ меслетсемпе хĕçпăшаллантарса пытăр.

14. СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерствине, вырăнти партипе совет органĕсене çапла тума хушас: ялхуçалăх артелĕн Уставне çирĕп тытса пынине ядаnах тĕрĕслесе тăмалла, общественлла çĕрсемпе колхоз пурлăхне тустарса пĕтерни пулмалла мар, колхозсенче хуçалăха тирпейсĕр тытнине пĕтерме кирлĕ мерăсем йышăнмалла, ĕçе организацилессине лайăхлатмалла тата ĕç дисциплинине çирĕплетмелле, пур колхозниксене те общественлла производствăна активлăн хутшăнтармалла.

15. Хальхи вăхăтра çĕршывăн пур районĕсенче те экономика тĕлĕшпе çирĕпленсе çитнĕ колхозсем чылай, вĕсем укçан тата натурăпа пысăк тупăшсем илеççĕ, государство умĕнчи обязательствăсене ăнăçлăн пурнăçласа пыраççĕ тата колхозниксене кашни çулах ĕçкунĕсем тăрăх продуктсемпе укçа-тенкĕ нумай параççĕ. Партипе Правительство ялхуçалăхне аталантарас тĕлĕшпе туса хатĕрленĕ пысăк мерăсене пурнăçа кĕртни колхозсен укçа-тенкĕ тупăшĕсене малалла чылай ÿстерме май парать. Çак условисенче колхозсен, хăйсен общественлла хуçалăхĕ ÿссе пынă май, колхозницăсене колхоз производствинче ĕçлеме пур майсене те туса парас тата вĕсене общественлла пурнăçа активлăрах хутшăнтарас тесе, хăйсен тупăшĕсен пĕр пайне ача сачĕсем, яслисем, ача çуратмалли çуртсем тумашкăн уйăрса пама пур условисем те пулаççĕ. Экономика тĕлĕшпе çирĕпленсе çитнĕ колхозсем клубсем тата ытти культурăпа çутĕç учрежденийĕсем тумашкăн та çителĕклĕ укçа-тенкĕ уйăрса пама пултараççĕ, уйăрса пама тивĕçлĕ те.

Колхозсене тата çапла тума сĕнес пулать: вĕсен колхозниксене çуртсемпе килти хуралтсене юсама тата çĕнĕрен тума, çурт вырăнĕнче лартса ÿстермелли çимĕç йывăçĕсем туянма, вут-шанкă кÿрсе килме тата колхозниксен хăйсен ытти ыйтăвĕсене тивĕçтерме пулăшмалла.

## VII.

## Ялти партилле-политикăлла ĕçе лайăхлатасси çинчен

Ялхуçалăхне малалла вăйлатасси хăй тĕлленех пулса пырĕ тесе шухăшлани йăнăш пулнă пулĕччĕ. Ялхуçалăхне вăйлатма халĕ тăвакан материальнăй условисемпе майсем, парти организацийĕсен ĕçне лайăхлатмасан, хăйсем тĕлленех кирлĕ результатсене памаççĕ. Çав майсемпе тата условисемпе усă курас тесен, парти организацисем колхозниксен, МТС-сенчи тата совхозсенчи рабочисен йышлă массисене ертсе пымалла, ялхуçалăхне хăватлăн вăйлатмашкăн вĕсен кĕрешĕвне пуçарса пымалла.

Çапла ĕнтĕ, ялхуçалăхне малалла аталантарас задачăсене ăнăçлă татса парасси парти организацийĕсен массăсем хушшинчи организаторла тата политикăлла ĕçне пур майсемпе те вăйлатма хушать.

КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ партин ялти организацийĕсен ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пуррине палăртать. Нумай колхозсенче массăлла-политикăлла ĕçе кирлĕ пек туса пымаççĕ, ĕççыннисене политикăлла воспитани парас ĕç çине тимлĕ пăхмаççĕ. Нумай колхозсенче, МТС-семпе совхозсенче ĕççыннисен культурăпа йăла ыйтăвĕсене тивĕçтерес ĕçе начар йĕркеленĕ.

Районсенчи парти организацийĕсен тата совет органĕсен ĕçĕн содержанийĕпе меслечĕсем колхозсене, МТС-семпе совхозсене ертсе пырас ĕçе лайăхлатма ыйтнипе килĕшсе тămаççĕ. Партин вырăнти организацийĕсемпе совет органĕсенче ĕçлекен работниксен йышĕ нумай пулин те районсенчи ертсе пыракан работниксене колхозсемпе МТС-сенчи ĕçсем мĕнле пынишĕн тивĕçлипе ответлă пулмалла туман. Колхозсене, МТС-семпе совхозсене ертсе пырас ĕç, пуринчен ытла, ялхуçалăх кампанийĕсем ирттернĕ вăхăтра вырăнсене уполномоченнăйсем яни урлă пулса пырать, çав уполномоченнăйсем час-часах ялхуçалăхне пĕлмеççĕ. Çакă вăл хуçалăх руководителĕсем хушшинче ĕçшĕн ответлă пулассине чакарать.

Парти райкомĕсем колхозсенчи, МТС-семпе совхозсенчи парти организацийĕсен ĕçĕ çине тивĕçлипе пăхмаççĕ, нумай чухне вĕсене никам та пырса пулăшмасть, ялхуçалăхне ертсе пырас тĕлĕшпе вĕсем çине таянса ĕçлемеççĕ, çакна пула парти организацийĕсенчен нумайăшĕсем колхозсенчи, совхозсемпе МТС-сенчи ĕçсене йĕркелес тĕлĕшпе хăйсен пултарулăхне кирлĕ чухлĕ палăртмаççĕ, колхозсенчи активпа тата МТС-семпе совхозсенчи работниксене начар организацилеççĕ.

Партин вырăнти органĕсем ялхуçалăхне вăйлатассишĕн кĕрешес ĕçре ялта пысăк вăй пулса тăракан комсомола хакламаççĕ, çав вăйпа çителĕксĕр усă кураççĕ. Çĕрĕçĕн тата общественлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçĕн культурине хăпартас тĕлĕшпе тăракан задачисене татса пама комсомол организацийĕсемпе ялти çамрăксене сахал хутшăнтараççĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ çапла шутлать: ялхуçалăхне ертсе пырас ĕçри çитменлĕхсемпе йăнăшсем нумай обкомсем, крайкомсем тата союзлă республикăсенчи компартисен Центральнăй Комитечĕсем районсене çителĕксĕр ертсе пынинчен, вырăнсенче ĕçсем мĕнле пулса пынине япăх пĕлнинчен, кая юлса пыракан районсемпе колхозсене ĕçе лайăхлатма тивĕçлĕ пулăшу паманнинчен, машина-трактор станцийĕсене ертсе пырассинчен пăрăнса тăнинчен тата МТС ĕçĕшĕн ответлă пулассине пĕтĕмĕшпех вырăнти организацисем çине йăвантарнинчен чылай килет.

Ялта партилле-организацилле тата партилле-политикăлла ĕçе лайăхлатас шутпа КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ çапла йышăнать:

1. Обкомсене, крайкомсене тата союзлă республикăсенчи компартисен Центральнăй Комитечĕсене ялти массăлла-политикăлла ĕçе ертсе пырассине чылай вăйлатма, çак постановление мĕнпур колхозниксене, МТС-семпе совхозсенчи рабочисене ăнлантарса пама хушас. Социализмла ялхуçалăхĕн мĕнпур отраслĕсене малалла аталантарас задачăсене татса парассишĕн, колхозсен общественлла хуçалăхне тĕреклетес тата пур енĕпе те аталантарас, пĕтĕм продукципе таварлă продукцие ÿстерес, ялхуçалăх продукчĕсене хатĕрлемелли государство планĕсене вăхăтра тултарас, колхозсен укçан тата натурăпа илекен тупăшĕсене ÿстерес тата колхозниксен материальнăй пурнăçне лайăхлатас задачăсене татса парассишĕн социализмла ăмăртăва анлăн сарса ямалла. Парти организацийĕсен хăйсен пĕтĕм ĕçĕнче колхозсенчи, МТС-семпе совхозсенчи малта пыракан çынсем çине, çĕрĕçĕн тата выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçĕн кунран-кун ÿссе нумайланса пыракан мастерĕсем çине таянса ĕçлемелле.

Центрти тата вырăнти хаçатсене социализмла ăмăрту мĕнле пынине, колхоз строительствин малта пыракан опытне тата партипе совет органĕсен ялхуçалăхне ертсе пырас ĕçри практикине анлăн çутатса тăма хушас.

2. Обкомсене, крайкомсене тата союзлă республикăсенчи компартисен Центральнăй Комитечĕсене ялхуçалăхне ертсе пырас ĕçĕн меслечĕсене улăштарма хушас, колхозсене, МТС-семпе совхозсене ертсе пырассине çиелтен, бюрократла туса пынине пĕтерме, колхозсене ертсе пырас ĕçе администраторла тунине сирсе пăрахма, районсемпе тата колхозсемпе çыхăнса тăрассине вăйлатма, ĕçсем кашни районта мĕнле пулса пынине лайăх пĕлсе тăма хушас.

Çакăн пек тума кирлĕ тесе шутлас: райисполкомсем партипе правительство решенийĕсене пурнăçа кĕртессишĕн тата ялхуçалăхĕн районсенчи лару-тăрăвĕшĕн ответлă пулассине татăклăнах ÿстермелле, райисполкомсем колхозсемпе совхозсен ĕçне, уйрăмах МТС-сен ĕçне, вĕсем ялхуçалăх аталанăвĕнче пысăк та ÿссе пыракан роль йышăннине шута илсе, конкретлăрах ертсе пымалла.

Партин ялта вырăнсенчи райкомĕсене тата райисполкомсене ялхуçалăхне аван пĕлекен, колхозсене, МТС-семпе совхозсене ертсе пырас ĕçе лайăх пĕлсе тĕрĕс тума пултаракан опытлă кадрсем парса тĕреклетме мерăсем йышăнас. Районсенче партипе совет руководствине тĕреклетме облаçсенчи, крайсенчи тата республикăсенчи организацисенче ĕçлекен чи лайăх работниксене суйласа илсе, вĕсене районсене ярас.

3. Партин ялта вырăнсенчи райкомĕсен хальхи структури МТС-семпе колхозсене ертсе пырас ĕçе лайăхлатас требованисемпе килĕшсе тăманнине шута илсе, партин районти аппарачĕн ĕçне кучуххехи тапхăрта çакăн пек урăхлатса çĕнетме кирлĕ тесе шутлас: колхозсене тата МТС-сене ертсе пырас ĕçри обезличкăпа ответсăрлăха пĕтермелле, райкомра кашни МТС енĕпе ĕçлекен работниксен группи пулмалла, ăна парти райкомĕн секретарĕ ертсе пымалла, çав группăн МТС-ра тата МТС ĕçлесе паракан колхозсенче партилле-политикăлла ĕç туса пымалла. Çав мĕнпур группăсен пĕтĕм ĕçне райкомăн пĕррремĕш секретарĕ ертсе пырать. МТС-ра директорăн политика енĕпе ĕçлекен заместителĕ кирлĕ мар тесе йышăнас.

4. Колхозсенчи, МТС-семпе совхозсенчи парти организацийĕсене тĕреклетессине, ялхуçалăхне малалла аталантарас ĕçре вĕсен рольне вăйлатассине союзлă республикăсенчи компартисен Центральнăй Комитечĕсен, парти крайкомĕсен, обкомĕсен тата райкомĕсен чи кирлĕ задачисенчен пĕри тесе шутлас. Производствăн ĕçе татса паракан участокĕсенче коммунистсемпе комсомолецсене тĕрĕс вырнаçтарса тухмалла; колхозсенчи, МТС-семпе совхозсенчи парторганизацисен секретарĕсен составне çирĕплетмелле, ку ĕçе партин опытлă тата хатĕрленсе çитнĕ работникĕсене лартмалла.

5. Обкомсене, крайкомсене, союзлă республикăсенчи компартисен Центральнăй Комитечĕсене тата ВЛКСМ Центральнăй Комитетне ялхуçалăхне малалла аталантарассишĕн пыракан кĕрешÿре комсомол организацийĕсен рольне ÿстерме хушас, ялти çамрăксене социализмла ăмăртăва хутшăнтарас ĕçе вăйлатма, çамрăксен ĕçри паха пуçарăвĕсене пур майсемпе те аталантарса пулăшса тăма хушас. Комсомол организацийĕсем—социализмла ăмăртăва пуçаракансем, ĕçĕн малта тăракан меслечĕсене, ялхуçалăх наукипе практики тунă чи çĕнĕ çитĕнÿсене производствăра сарса пыракансем пулса тămалла, колхозсен, МТС-семпе совхозсен ĕçĕнчи çитменлĕхсене пĕтерессипе çыхăнса тăракан ыйтусене парти организацийĕсем умне лартас тĕлĕшпе пуçарулăх ытларах кăтартмалла.

6. Колхозпа совхоз производствинче хĕрарăмсем пысăк вырăн йышăнса тăнине шута илсе, райкомсене, обкомсене, крайкомсене, союзлă республикăсенчи компартисен Центральнăй Комитечĕсене колхозницăсем тата МТС-семпе совхозсенчи работницăсем хушшинче массăлла-политикăлла ĕçе, культурăпа çутта кăларас тĕлĕшпе тăвакан ĕçе вăйлатма хушас, хĕрарăмсене колхоз строительствине анлăн хутшăнтарма, тырпул тухăçлăхне хăпартассишĕн, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе вăйлатассишĕн пыракан активлă кĕрешĕве анлăн хутшăнтарма хушас.

7. Парти организацийĕсен çакна шута илмелле: социализмла ялхуçалăхĕ аталанса пынă май колхозниксен, МТС-сенчи тата совхозсенчи работниксен культура ыйтăвĕсем ÿсеççĕ, çакă вăл ялти çынсен культурăпа йăла условийĕсене лайăхлатма хушать. Ялти культурăпа çутĕç учрежденийĕсен ĕçĕн шайне çĕклемелле, библиотекăсемпе клубсен ĕçне лайăхлатмалла, кинофильмсем тăтăшах кăтартмалла, ялсене радио кĕртес ĕçе вăйлатмалла, радиовещани пахалăхне ÿстермелле. Парти организацисем ялти сыватакан учрежденисен, ача сачĕсемпе яслисен ĕçне, çавăн пекех тата суту-илÿпе коопераци организацийĕсен ĕçне те пĕрмаях тĕрĕслесе тămалла, вĕсенче халăха куллен кирлĕ япаласене пурне те йĕркеллĕ сутса тămалла.

КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ çапла шутлать: колхозлă ялăн ĕççыннисен пурнăçне лайăхлатса культурăлла шайне ÿстерессишĕн пĕрмаях тăрăшасси—партипе советăн мĕнпур организацийĕсен чи пысăк тивĕçĕ пулса тăрать.

* *

Совет çĕршывĕ коммунизм çулĕпе малалла шанчăклăн пырать. Халăх хуçалăхĕнче ертсе пыракан вăй пулса тăракан социализмла индустрие хăватлăн аталантарса пынă никĕс çинче хамăр çĕршывра ялхуçалăх продукчĕсем нумайран та нумай пулмалла тăвас задачăна ĕçре татса парасси коммунизм строительстви программин чи кирлĕ пайĕ пулса тăрать. Хальхи условисенче çак задача пирĕн умма пĕтĕм халăхăн чи кирлĕ задачи пулса тухса тăчĕ. Çак задачăна ăнăçлă пурнăçлани рабочи класпа колхоз хресченĕсем хушшинчи союза малалла тĕреклетме пулăшать.

КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ мĕнпур колхозниксене, МТС-семпе совхозсен работникĕсене ССР Союзĕн ялхуçалăхне малалла аталантарас задачăна пурнăçа кĕртмешкĕн пĕтĕм вăйпа ĕçлеме тата хăйсен творчествăлла пуçарулăхне сарса яма чĕнет.

КПСС Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ çирĕп ĕненсе, çапла калать: рабочи класс, колхоз хресченĕсем, пирĕн интеллигенци, мĕнпур совет çыннисем, Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе, çав задачăна чи кĕске срoксенчех пурнăçа кĕртсе çитерĕç.

# СССР Верховнăй Совет Президиумĕнче

Апат-çимĕç таварĕсем туса кăларассине малалла ÿстерес тата вĕсен пахалăхне лайăхлатас тĕллевпе СССР Верховнăй Совет Президиумĕ, СССР Министрĕсен Совечĕ тăратнă тăрăх, СССР Çăмăл тата апат-çимĕç промышленность министерствин пулă, апи-какай, сĕт тата апат-çимĕç промышленность предприятийĕсемпе организацийĕсен никĕсĕ çинче союзлă-республикăллă **СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министерстви** туса хунă.

СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министерствине, СССР Министрĕсен Совечĕ çирĕплетнĕ список тăрăх, пулă, аш-какай, сĕт, çу тăвакан, сыр тăвакан, сахăр, çăкăр пĕçерекен, макарон, кондитер, консерв, апат-çимĕç концентрачĕ, çу, спиртпа эрех, хĕрлĕ эрех, сăра, чей, табак, парфюмерипе косметика, тăвар промышленноçĕпе промышленноçăн ытти отраслĕсен предприятийĕсемпе организацийĕсене панă.

СССР Апат-çимĕç таварĕсен промышленность министрĕ пулма Василий Петрович **Зотов** юлташа уйăрса лартнă.

* * *

Куллен кирлĕ промышленность таварĕсем туса кăларассине малалла ÿстерес тата вĕсен пахалăхне лайăхлатас тĕллевпе СССР Верховнăй Совет Президиумĕ, СССР Министрĕсен Совечĕ тăратнă тăрăх, СССР Çăмăл тата апат-çимĕç промышленность министерствин çăмăл промышленность предприятийĕсемпе организацийĕсен никĕсĕ çинче союзлă-республикăллă **СССР Куллен кирлĕ промышленность таварĕсен министерстви** туса хунă.

СССР Куллен кирлĕ промышленность таварĕсен министерствине, СССР Министрĕсен Совечĕ çирĕплетнĕ список тăрăх, пир-авăр, çăм, пурçăн, йĕтĕн, тир-сăран, атă-пушмак, паха тир, трикотаж, çĕвĕ, кĕленче промышленность отраслĕсен тата искусственнăй çÿс промышленность предприятийĕсемпе организацийĕсене панă.

СССР Куллен кирлĕ промышленность таварĕсен министрĕ пулма Алексей Николаевич **Косыгин** юлташа уйăрса лартнă.

* * *

Халăхăн пĕрмай ÿссе пыракан ыйтăвĕсене пур енчен те туллин тивĕçтерме тавар çаврăнăшне малалла аталантарас, суту-илÿ ĕçне лайăхлатас тĕллевпе СССР Верховнăй Совет Президиумĕ, СССР Министрĕсен Совечĕ тăратнă тăрăх, СССР Шалти тата тулашри суту-илÿ министерствин шалти суту-илÿ организацийĕсемпе предприятийĕсен никĕсĕ çинче союзлă-республикăллă **СССР Суту-илÿ министерстви** туса хунă.

СССР Суту-илÿ министрĕ пулма СССР Министрĕсен Совечĕн Председателĕн Заместительне Анастас Иванович **Микоян** юлташа уйăрса лартнă.

* * *

Совет Союзĕ халăх демократи çĕршывĕсемпе тата чикĕ леш енчи ытти çĕршывсемпе тытакан экономикăлла çыхăнусене малалла аталантарас тата вĕсемпе тăвакан суту-илÿ ĕçне лайăхлатас тĕллевпе СССР Верховнăй Совет Президиумĕ, СССР Министрĕсен Совечĕ тăратнă тăрăх, СССР Шалти тата тулашри суту-илÿ министерствин тулашри суту-илÿ организацийĕсен никĕсĕ çинче **СССР Тулашри суту-илÿ министерстви** туса хунă.

СССР Тулашри суту-илÿ министрĕ пулма Иван Григорьевич **Кабанов** юлташа уйăрса лартнă.

* * *

Совхозсенче пысăк пахалăхлă ялхуçалăх продукчĕсем туса кăларассине малалла ÿстерес ĕçе пысăк вырăна хурса, çавăн пекех тата совхозсен ĕçне тĕпрен лайăхлатас тата вĕсене пысăк тухăçлă кăтартуллă социализмла хуçалăхсем туса хурас тĕллевпе СССР Верховнăй Совет Президиумĕ, СССР Министрĕсен Совечĕ тăратнă тăрăх, союзлă-республикăллă **СССР Совхозсен министерстви** туса хунă, ăна, СССР Министрĕсен Совечĕ çирĕплетнĕ список тăрăх, совхозсем, лаша завочĕсем тата ытти предприятисемпе организацисем панă, çавăн пекех тата РСФСР-та, Украина ССР-ĕнче, Казах ССР-ĕнче, Узбек ССР-ĕнче, Киргиз ССР-ĕнче, Азербайджан ССР-ĕнче, Грузин ССР-ĕнче, Белорус ССР-ĕнче, Литва ССР-ĕнче, Латви ССР-ĕнче, Эстони ССР-ĕнче тата Карело-Финн ССР-ĕнче Совхозсен министерстви туса хума кирлĕ тесе йышăннă.

СССР Совхозсен министрĕ пулма Алексей Иванович **Козлов** юлташа уйăрса лартнă, çакна май ăна СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министрĕн ĕçĕсенчен хăтарнă.

СССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министрĕ пулма Иван Александрович **Бенедиктов** юлташа уйăрса лартнă.

# Чăваш АССР Верховнăй Совечĕ йышăннă постановлени

## Республикăра халăха вĕрентес ĕç мĕнле тăни тата ку ĕçе лайăхлатмалли майсем çинчен

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви хамăр çĕршывра халăха вĕрентес ĕçе вăйлатса пырасси çине тимлĕн пăхаççĕ. Партипе правительство çакăн пек тăрăшни Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕпе СССР Верховнăй Совечĕн V-мĕш сессийĕн решенийĕсенче уççăн курăнса тăрать. Партин XIX-мĕш съезчĕ ССР Союзне 1951—1955 çулсенче аталантармалли пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план тĕлĕшпе панă директивăсем халăха вĕрентес ĕçе малалла лайăхлатма палăртаççĕ.

Коммунистсен партийĕ ертсе пынипе, аслă вырăс халăхĕ тăванла пулăшнипе Чăваш республики халăха вĕрентес енĕпе пысăк çитĕнÿсем турĕ. Çичĕ çул вĕренмелли шкулсен шучĕ 1952—1953 вĕренÿ çулĕнче, 1940—1941 вĕренÿ çулĕнчипе танлаштарсан, 24,4 процент ÿснĕ, ку вăл пурне те çичĕ çул вĕрентес ĕçе пурнăçлама май парать. Юлашки виçĕ çул хушшинче 23 вăтам шкул уçнă. 5—7 классенче вĕренекенсен шучĕ, 1940—1941 çулхипе танлаштарсан, 47,1 процент, 8—10 классенче вĕренекенсен шучĕ—39,1 процент ÿснĕ. Рабочи çамрăксем ялти çамрăксен каçхине ĕçлекен 56 шкулĕнче 2 пин ытла çамрăк вĕренет.

Совет влаçĕн çулĕсенче учительсен квалификациллĕ кадрĕсене вĕрентсе хатĕрленĕ. Иртнĕ вĕренÿ çулĕнче республикăри шкулсенче 9.630 учитель ĕçленĕ. Вĕсенчен нумайăшĕ чăннипех педагогика ĕçĕн ăстисем пулса тăчĕç.

Халăха вĕрентес ĕç валли укçа-тенкĕ парса тăрасси çултан-çул ÿсет. 1953 çулта республика бюджетĕнче халăха вĕрентме тухакан расходсем 55 процент пулаççĕ. Шкулсен материальнăй никĕсĕ çултан-çул лайăхланса пырать, çĕнĕ шкулсем тăваççĕ, тăван чĕлхеçе учебниксем тата вĕрентÿпе методика литератури çĕршер пин экземпляр пичетлесе кăлараççĕ, шкулсем нагляднăй пособисемпе тата оборудованипе пуянланса пыраççĕ. Чылай шкулсенче вĕрентÿпе воспитани ĕçĕ лайăхланнă, лайăх вĕренекен ачасен шучĕ ÿссе пырать.

Кунпа пĕрлех Чăваш АССР Верховнăй Совечĕ халăха вĕрентес ĕçре пысăк çитменлĕхсем пуррине палăртать.

Республикăри нумай районсенче пурне те çичĕ çул вĕрентесси çинчен кăларнă Закона пăсаççĕ. Шкул çулне çитнĕ ачасене тĕплĕн шута илмеççĕ, чылай вăтам шкулсенче интернатсем организацилемен, пур пек интернатсене те начар йĕркеленĕ, вĕренекенсене шкула лавсемпе леçсе хăварассине организацилемен. Çакна пула 7 çултан пуçласа 15 çула çитиччен ачасем хушшинче вĕренĕве хутшăнтарман тата вĕренме пăрахакансем шучĕ нумай. Уйрăмах вĕренĕве хутшăнтарман тата шкултан пăрахса кайакансен шучĕ Чкаловски, Шăмăршă, Тăвай, Хĕрлĕ Чутай районĕсенче нумай. Кăçалхи вĕренÿ çулĕн малтанхи кунĕсенче те чылай çамрăксем шкула пыман.

Ĕççынни депутачĕсен вырăнти Совечĕсемпе вĕсен исполкомĕсем тата Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ ачасене пурне те çичĕ çул вĕрентмелле тăвас тĕлĕшпе кирлĕ ĕçсене тумаççĕ.

Чăваш АССР Верховнăй Совечĕ çакна палăртать: республикăри нумай шкулсенче вĕрентÿпе воспитани ĕçĕ çителĕксĕр пулса пырать, çавна пула вĕренекен ачасем хушшинче вĕренÿре ĕлкĕрсе пыраймannисем нумай. 1952—1953 вĕренÿ çулĕнче çуркуннехи экзаменсенче республикăра вĕренÿре ĕлкĕрсе пырайман ачасен шучĕ 20,3 процент пулнă, вăл шутра вĕренекен ачасенчен 12,7 проценчĕ кĕркуннехи экзамена хăварнă. Вĕренÿре ĕлкĕрсе пыраймannисен шучĕ уйрăмах Шăхасан районĕнче нумай, унта вĕренÿре ĕлкĕрсе пыраймannисем 33,1 процент, Çĕмĕрле районĕнче—29,9 процент, Красноармейски районĕнче—26,6 процент, Хĕрлĕ Чутай районĕнче—25,9 процент, Первомайски районĕнче — 24,6 процент пулнă. Уйрăм шкулсенче вĕренÿре ĕлкĕрсе пыраймannисем пĕтĕм вĕренекен ачасен шутĕнче çурри таран шутланаççĕ.

Вĕренÿре ĕлкĕрсе пыраймannисем уйрăмах вырăс чĕлхи тата математика енĕпе нумай. Çакă вăл асăннă дисциплинăсене вĕрентес ĕç çителĕксĕр тăни çинчен калать. Ĕлкĕрсе пыраймаn ачасенчен 58 проценчĕ вырăс чĕлхипе начар паллă илнĕ.

Тăван чĕлхе, биологи, физика, хими тата ытти чылай предметсене вĕрентесси те идейăпа теори тĕлĕшĕнчен çителĕклĕ пулса пымасть.

Нумай дисциплинăсене социализм строительствин практикипе çыхăнтармасăр вĕрентеççĕ. Вĕреннĕ материалсене чылай чухне шкулсем çумĕнчи сăнав участокĕсенчи тата лабораторисенчи практикăлла ĕçпе çирĕплетмеççĕ, çавна пула ачасен пĕлÿ çителĕксĕр пулать.

Республикăри чылай районсенче Советсен исполкомĕсем ку таранччен шкулсем çумĕнче участоксем организацилеме тивĕçлипе пулăшман, шкулсем çумĕнчи çĕр участокĕсемпе чылай чухне вĕрентÿпе сăнавсем тăвас енĕпе начар усă кураççĕ. Республикăри нумай шкулсенче политехникăлла вĕренĕве кусма кирлĕ майсемпе усă курмаççĕ.

Çутĕç министерстви, çутĕç органĕсемпе шкулсен руководителĕсем вĕренекен çамрăксене коммунизмла воспитани парас ĕçре физкультура пысăк вырăнта тăнине хакламаççĕ. Нумай шкулсенче, пуринчен ытла ялти шкулсенче, физкультурăна вĕрентес ĕçе тата класс тулашĕнчи физкультура ĕçне çителĕксĕр йĕркеленĕ: спорт площадкисенче оборудовани çук, вĕсенче кирлĕ пек спорт инвентарĕ çителĕксĕр.

Класс тулашĕнчи тата шкул тулашĕнчи ĕçе республикăри нумай шкулсенче начар йĕркеленĕ, ку ĕç ÿссе çитĕнекен çамрăк ăрăва коммунизмла воспитани парас енĕпе тăракан кучуххехи задачăсенчен юлса пырать.

Ачасемпе шкул тулашĕнче ĕçлекен учрежденисем хăйсен ĕçне шкулсен тĕп ĕçĕпе çыхăнтармаççĕ тата вĕсем вĕренекенсен пĕчĕк ушкăнне кăна ĕçе хутшăнтараççĕ, хăйсем ирттерекен ĕçсен идейăллă содержанийĕпе воспитанилле пĕлтерĕшĕ çине çителĕксĕр пăхаççĕ. Пионерсем хушшинчи ĕçе, уйрăмах ялти шкулсенче, начар организациленĕ. Шкул руководителĕсем пионер организацийĕсене кирлĕ пек пулăшу памаççĕ.

Шкулсенчи вĕрентÿпе воспитани ĕçĕнче пысăк çитменлĕхсем пурри нумай шкулсенче учительсем хушшинче вĕсен педагогика ăсталăхне тата идейăлла-политикăлла шайне ÿстерес тĕлĕшпе çителĕксĕр ĕçленинчен килет. Нумай учительсем занятисене идейăпа теори тĕлĕшĕнчен начар ирттереççĕ. Учительсен ĕçне тĕрĕслессине çителĕксĕр йĕркеленĕ. Шкулсемпе çутĕç органĕсен руководителĕсем учительсенчен кирлĕ пек ыйтмаççĕ, ачасене вĕрентсе воспитани парассишĕн вĕсен ответлăхне ÿстерме тăрăшмаççĕ. Критикăпа самокритика педагогсен коллективĕсемпе çутĕç органĕсен ĕçне лайăхлатассишĕн кĕрешмелли тĕп меслет пулса тăман-ха.

Чăваш АССР Çутĕç министерстви хăйĕн ĕçне питех те вăраххăн улăштарса çĕнетет, шкулсенче вĕрентÿпе воспитани ĕçне йĕркелес тĕлĕшпе çиелтен кăна ĕçлет, çитменлĕхсене вăхăтра палăртмасть, çитменлĕхсене пĕтерме учительсене мобилизацилемест.

Çичĕ çул вĕренмелли тата вăтам шкулсенчи чылай учительсем кирлĕ чухлĕ пĕлÿ илмен. Апла пулсан та вĕсенчен нумайăшне заочнăй вĕренĕве хутшăнтарман. Учительсен пĕлĕвне ÿстерес тĕлĕшпе ĕçлекен институт учительсене методикăлла пулăшу парас тĕлĕшпе начар ĕçлет. Малта пыракан учительсен лайăх опытне сахал пĕтĕçтерет, çав опыта учительсем хушшине начар сарать.

Çакăн пек фактсем те тĕл пулаççĕ: вăтам тата çичĕ çул вĕренмелли шкулсенче ертсе пырас ĕçе хушнă ĕçе тума пултараймаn çынсене уйăрса лартаççĕ, çавна пула ертсе пыракан кадрсем час-часах улшăнса тăраççĕ. Уйрăм районсемпе хуласенчи çутĕç пайĕсен аппаратне квалификациллĕ работниксемпе çирĕплетмен. Çутĕç министерстви чылай чухне учительсене нимĕн сăлтавсăр ĕçрен кăларать тата пĕр вырăнтан тепĕр вырăна куçарать. Çакна пула учительсен ачасене вĕрентсе воспитани парас ĕçри ответлăхĕ чакать.

Уйрăм райисполкомсем учительшĕн кирлĕ пек тăрăшмаççĕ, вăхăтра вутă турттарса памаççĕ, тÿлевсĕр хваттер тата çутă памаççĕ. Учительсем валли пурăнмалли çуртсем тумалли план çултан-çул тулмасть. Чăваш АССР Çутĕç министерствипе нумай райисполкомсен руководителĕсем учительшĕн, вĕсен ĕçри квалификацине тата педагогика ăсталăхне ÿстерессишĕн тăрăшасси, учительсене пĕр шкулта çирĕплетсе хăварасси, вĕсем валли ĕçлеме тата пурăнма лайăх условисем туса парасси шкулсенче вĕрентÿпе воспитани ĕçне лайăхлатас ĕçре пысăк задача тата ĕçе татса паракан майсенчен пĕри пулнине манаççĕ.

Чăваш АССР Верховнăй Совечĕ çакна палăртать: нумай райисполкомсем тата Чăваш АССР Министрĕсен Совечĕ шкулсен материальнăй никĕсне çирĕплетесси çине тивĕçлипе пăхмаççĕ, чылай чухне шкулсене вĕрентÿре кирлĕ хатĕрсем тăратассине, вĕсене çĕнĕ вĕренÿ çулне хатĕрленме пулăшассипе çыхăнса тăракан ĕçсем валли вăхăтра тата кирлĕ чухлĕ укçа-тенкĕ парса тămалла тума тивĕçлĕ мерăсем йышăнмаççĕ, çавна пула хăшпĕр шкулсем çĕнĕ вĕренÿ çулне çултан-çул шкул çурчĕсене юсаса çитермесĕр тытăнаççĕ. Нумай шкулсенче оборудовани, вĕрентÿпе нагляднăй пособисем тата библиотекăсем валли литература туянма пăхса хунă укçапа çителĕксĕр усă кураççĕ. Нумай шкулсенче стандартлă парттăсем, вĕрентÿ оборудованийĕ çителĕксĕр. Çĕнĕрен шкул çурчĕсем тăвас ĕçри хăвăртлăх ытла та çителĕксĕр. Кÿкеçри тата Тĕрлемесри вăтам шкулсене тата Энтриялĕнчи çичĕ çул вĕренмелли шкула тăвас ĕç питĕ вăраххăн пырать. Çĕмĕрлери сĕтел-пукан комбиначĕ çумĕнчи вăтам шкула ку тарана çитсе те тума тытăнман. Шкулсенче интернатсем организацилемелли план çултан-çул тулмасть, пур пек интернатсен инвентарĕ çителĕксĕр.

Чăваш АССР Çутĕç министерстви тата районсемпе хуласенчи çутĕç пайĕсем ача çурчĕсен ĕçне кирлĕ пек ертсе пымаççĕ. Уйрăм ача çурчĕсенче (Калинино, Исаммпай, Явлей) воспитани ĕçне çителĕксĕр туса пыраççĕ. Шкул çулне çитмен ачасен учрежденийĕсене ертсе пырасси тата вĕсен ĕçне тĕрĕслесе тăрасси те çителĕксĕр пырать. Шкул çулне çитмен ачасен уйрăм учрежденийĕсем, уйрăмах ялти учрежденисем валли, çуртсемпе хуçалăх оборудованийĕ кирлĕ чухлĕ уйăрса паман.

(Малалли 6-мĕш страницăра).